ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1956 çул
Январь
7
ШĂМАТКУН
№ 5 (9684)
Хакĕ 20 пус.
38-мĕш çул тухать.

**Паянхи номерте:**



## Выльăх-чĕрлĕх пăхакансен социализмла ăмăртăвĕ

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕсем йышăннă решенисене пурнăçласа, чылай колхозсем выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине ÿстерчĕç. Фермăсенче ĕçлекенсенчен чылайăшĕ социализмла ăмăртăвăн пĕлтĕрхи условийĕсене пурнăçларĕç. Республикăра пурĕ 142 дояркăна «Чи лайăх доярка» ятне, 106 çынна «Чи лайăх свиновод» ятне панă. Çавăн пекех сурăхсемпе пăру пăхакансен тата конюхсемпе чăх-чĕп ĕрчетекенсĕн ĕçне те тивĕçлипе хакласа, пурĕ 71 çынна «Чи лайăх овцевод», «Чи лайăх телятница», «Чи лайăх конюх», «Чи лайăх птичница» ятне панă. Лайăх ĕçленĕшĕн пурĕ 72 ферма заведующийĕсен ячĕсене палăртнă.

Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхозри доярка А. С. Селиванова юлташ иртнĕ çулта та колхозсенчи дояркăсем хушшинчи социализмла ăмăртура малти вырăна тухрĕ. Хăйне çирĕплетсе панă кашни ĕнерен вăл 3.311-шер килограмм сĕт суса илнĕ. Ун хыççăн Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозри доярка И. С. Медведева, Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозри доярка Т. А. Сурова юлташсем пыраççĕ. Вĕсем акă мĕн калаççĕ: выльăх апачĕ, пуринчен ытла сĕтеклĕ апатсем çителĕклĕ пулсан тата хĕлле витесенче ăшă пулсан, кашни колхозрах ĕнесем хальхинчен нумай ытларах сĕт пама пултараççĕ.

Свинаркăсенчен Е. М. Смирнова юлташ (Элĕк районĕнчи Шверник ячĕпе тăракан колхоз) малти вырăнта пырать. Иртнĕ çулта вăл кашни амаран вăтам шутпа 24-шар çура илсе пăхса ÿстернĕ. «Чи лайăх свиновод» ятне илнисем пурте хăйсем пăхакан амасенчен 16-шар çураран кая мар илсе ÿстернĕ.

Ĕнесенчен сĕт ытларах суса илес тĕлĕшпе пирĕн республикăра Йĕпреç районĕнчи Киров ячĕпе тăракан колхоз (ферма заведующийĕ Е. И. Иванов юлташ) малта пырать. Кашни 100 гектар çĕр пуçне кунта 217,8-шер центнер сĕт илнĕ. Аш-какай илес тĕлĕшпе Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз (ферма заведующийĕ П. П. Пупин юлташ) мала тухрĕ. Колхоз сухалакан кашни 100 гектар çĕр пуçне 40,5-шер центнер сысна ашĕ илнĕ.

Çак тĕслĕхсем вĕсем сĕт-çу, аш-какай тата ытти продуктсем туса илес тĕлĕшпе республикăри колхозсен çав тери пысăк резервсем пурри çинчен калаççĕ. Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан Ленин орденлĕ колхоз членĕсем, иртнĕ çулхи хăйсен çитĕнĕвĕсене çирĕплетсе, кăçал усă курма юрăхлă çĕрсен кашни 100 гектарĕ пуçне 260-шар центнер сĕт, 65-шер центнер аш-какай, вăл шутра сухалакан çĕрĕн кашни 100 гектарĕ пуçне 50-шар центнер сысна ашĕ туса илме сăмах пачĕç. Ку колхоз членĕсем республикăри мĕнпур колхозсенче социализмла ăмăрту сарса яма чĕнсе каларĕç. Вĕсен чĕнĕвне ырласа, Çĕрпÿ районĕнчи выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçлекенсем КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе ăмăртăва хутшăнчĕç. Иртнĕ ялхуçалăх çулĕнче Çĕрпÿ районĕ вăтам шутпа кашни ĕнерен 1.493 килограмм сĕт суса илнĕ пулсан, çĕнĕ ялхуçалăх çулĕнче вĕсем 1.700-шер килограмм сĕт суса илме сăмах пачĕç. Халĕ район КПСС XX-мĕш съезчĕ уçăлнă кун тĕлне кашни ĕнерен 550 килограмм сĕт суса илессишĕн, февралĕн 14-мĕшĕ тĕлне районĕпе пурĕ 1.500 пуç сысна самăртса государствăна парассишĕн кĕрешет.

Çĕнĕ çулта обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçлекенсем хушшинче социализмла ăмăрту тата вăйлăрах сарăлмалла. Нумаях пулмасть Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕн бюровĕ выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем ытларах туса илме колхозниксемпе колхозницăсене мобилизацилес тĕллевпе çĕнĕ çулти социализмла ăмăртăвăн çĕнĕ условийĕсене çирĕплетрĕç. Иртнĕ ялхуçалăх çулĕнче «Республикăри чи лайăх доярка» ятне тивĕçлĕ пулма кашни ĕнерен 1.800 килограмран кая мар сĕт суса илмелле пулнă пулсан, çĕнĕ условисем тăрăх çулталăк хушшинче кашни ĕнерен 2.000 килограмран кая мар сĕт суса илмелле пулать. «Чи лайăх ферма заведующийĕ» ятне илме ялхуçалăхĕнче усă куракан çĕрсен кашни 100 гектарĕ пуçне 100 центнертан кая мар сĕт суса илмелле, сысна фермисен—сухалакан çĕрĕн кашни 100 гектарĕ пуçне 15 центнертан кая мар сысна ашĕ туса илмелле. Ытти условисем те пĕлтĕрхинчен пысăкрах.

Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине ÿстерессишĕн кĕрешес ĕçре партипе совет органĕсен организаторла ролĕ питех те пысăк. Социализмла ăмăрту чăннипех мĕнпур колхозниксен ăмăртăвĕ пулса тăтăр тесен, кам мĕнле ĕçленипе вăхăтра пĕлтерсе тăни кирлĕ. Çав енчен илсен КПСС Çĕрпÿ райкомĕн тата райсовет исполкомĕн пуçарăвне ырламалла. Çĕрпÿ районĕнче сĕт, аш-какай тата ытти продуктсем туса илес тĕлĕшпе тунă çитĕнÿсене кăтартса кашни уйăхрах бюллетеньсем пичетлесе кăлараççĕ. Ăмăрту мĕнле пынине тăтăшах пĕлтерсе тăрассине кашни районтах йĕркелемелле.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçлекенсен социализмла ăмăртăвне куллен ертсе пымалла. Колхоз правленийĕсен ферма работникĕсене çулталăклăха çеç мар, кашни сезона, кашни уйăха, вунăкунлăха задани парса тăмалла. Республикăра малта пыракан чылай дояркăсем иртнĕ виçĕ уйăхра хăйсем пăхакан кашни ĕнерен 500—600-шер литр сĕт суса илме ĕлкĕрчĕç. Хĕл каçиччен вĕсем ĕне пуçне пин литртан кая мар сĕт суса илесшĕн кĕрешеççĕ. Пирĕн условире кирек хăш колхоз та хĕл каçиччен кашни ĕнерен 700-шер литртан кая мар сĕт суса илме пултарать. Çак тĕллевпе колхоз правленийĕсен кашни дояркăна вунăкунлăхра, уйăхра мĕн чухлĕ сĕт суса илмеллине кăтартса заданисем памалла. Вырăнти условисене кура кашни дояркăн хăйне уйрăм задани пулмалла.

Малта пыракан фермăсен опычĕпе усă курса, нумай колхозсем халĕ сыснасене массăллăн самăртма тытăнчĕç. Çак ĕçе кашни колхозрах йĕркелемелле, мĕншĕн тесен вăл сысна ашĕ ытларах туса илме, колхоз тупăшне ÿстерме пулăшать.

Обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçлекенсем умĕнче çĕнĕ çулта пысăк задачăсем тăраççĕ. Çавăнпа колхоз правленийĕсем вĕсем умне пысăкрах требованисем лартни вырăнлă пулать. Кунпа пĕрлех колхоз руководителĕсен выльăх-чĕрлĕх пăхакансен ĕç условийĕсене лайăхлатма кирли çинчен пĕр самантлăха та манмалла мар. Фермăра апат хатĕрлемелли оборудованипе механизмсем пĕр чăрмавсăр ĕçлеччĕр, выльăхсем валли апат пĕçерме е витене ăшăтма вутă çителĕклĕ пултăр. Выльăхсем патĕнче ĕçленĕ чухне тăхăнма кирлĕ тумтирпе атă-пушмак тупса парасси те колхоз правленийĕсен тивĕçĕ.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçлекенсене политикăлла воспитани парасси питĕ кирлĕ ĕç. Çав тĕллевпе колхозсенчи пуçламăш парторганизацисен ферма работникĕсем хушшинче час-часах политикăлла калаçусемпе докладсем иртterme тăрăшмалла. Кашни фермăра хĕрлĕ кĕтес, унта хаçатсемпе журналсем тата производствăра чи кирлĕ кĕнекесем çителĕклĕ пулччăр.

Ялхуçалăх ĕçченĕсем çĕнĕ çулта çĕнĕ çитĕнÿсем тăвассишĕн социализмла ăмăртăва вăйлатса пыраççĕ, иртнĕ çулхинчен лайăхрах ĕçлеме кăмăл тăваççĕ. Нумай колхозсем КПСС Центральнăй Комитечĕн январьти Пленумĕ ялхуçалăхĕ умне лартнă задачăсене 1956 çултах пурнăçлама палăртаççĕ. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçлекенсем хушшинче социализмла ăмăрту анлăн сарăлни Тăван çĕршыв валли сĕт-çу, аш-какай тата ытти продуктсем ытларах та ытларах туса илме пулăшĕ.

## Китай Халăх Республикин Государство совечĕн Премьерне
## ЧЖОУ ЭНЬ-ЛАЙ юлташа

ПЕКИН

Цзинин—Улан-Батор чугун çулне туса пĕтернĕ тата Китай Халăх Республики, Монголи Халăх Республики, Совет Союзĕ хушшинчи чугун çул тăрăх поездсем çÿреме пуçланă май хĕрÿллĕн саламласа сывлăх суннăшăн Сире, Премьер юлташ, чĕререн тав тăватăп.

Мускав—Улан-Батор—Пекин чугун çулĕ тăрăх поездсем çÿреме пуçлани ССР Союзĕ, Китай Халăх Республики тата Монголи Халăх Республики хушшинчи экономикăлла тата культурăлла çыхăнусене малалла вăйлатса çирĕплетме, çавăн пекех çак çул тăрăхĕнчи районсене пур енĕпе те аталантарма пулăшĕ.

Çул тунă чухне ĕçре паттăрлăх кăтартнă Китай рабочийĕсене, инженерĕсене тата техникĕсене чĕререн салам калама ыйтатăп.

Тăванла Китай халăхне социализм строительствинче çĕнĕ çитĕнÿсем тума ырă сунатăп.

Китай Халăх Республикинчи, ССР Союзĕнчи тата Монголи Халăх Республикинчи халăхсен ĕмĕрлĕхе пыракан туслăхĕ тата вĕсем тăванла килĕштерсе ĕçлесси çирĕпленсе тата вăйланса пытăр.

СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. БУЛГАНИН.

Мускав, Кремль.
1956 çулхи январĕн 5-мĕшĕ.

## Монголи Халăх Республикин Премьер-Министрне
## Ю. ЦЕДЕНБАЛ юлташа

УЛАН-БАТОР

Улан-Батор—Дзамын-Удэ чугун çулне туса пĕтерсе ĕçе янă тата ССР Союзĕ, Монголи Халăх Республики, Китай Халăх Республики хушшинчи чугун çул тăрăх поездсем çÿреме пуçланă май Эсир янă телеграммăра палăрса тăракан ăшă туйăмсемшĕн Сире, Премьер-Министр юлташ, тав тăватăп.

Улан-Баторпа Цзинин хушшинче тунă чугун çул Совет Союзĕ, Монголи Халăх Республики тата Китай Халăх Республики хушшинчи экономикăпа культура тĕлĕшĕнчи çыхăнусене татах та ытларах çирĕплетме тата вăйлатма пулăшĕ.

Совет халăхĕ Монголи халăхне политика, экономика тата культура аталанăвĕ енĕпе çĕнĕ çитĕнÿсем тума пĕтĕм чунтан ырă сунать.

Совет Союзĕнчи, Монголи Халăх Республикинчи тата Китай Халăх Республикинчи халăхсен никам çĕмĕрейми туслăхĕ, вĕсем пĕр-пĕринпе тачă çыхăнса, килĕштерсе ĕçлесе пурăнасси татах та ытларах сарăлса, çирĕпленсе пытăр.

СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. БУЛГАНИН.

Мускав, Кремль.
1956 çулхи январĕн 5-мĕшĕ.

*Унăн Превосходительствине*
## Конрад АДЕНАУЭР доктора
*Федеральнăй Германи Республикин канцлерне*

БОНН

Эсир, Федеральнăй Канцлер, сакăрвунă çул тултарнă май эпĕ Сире чун-чĕререн саламланине тата ырă сывлăх суннине йышăнма ыйтатăп.

Н. БУЛГАНИН.
СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ.

Мускав.
1956 çулхи январĕн 4-мĕшĕ.

## Профсоюзсем партин XX-мĕш съезчĕ умĕнхи ăмăртăва ертсе пырас ĕçе лайăхлатаççĕ

*ВЦСПС-ри канашлу*

ВЦСПС-ра партин XX-мĕш съезчĕ ячĕпе пыракан социализмла ăмăрту ыйтăвĕсене сÿтсе явас тĕлĕшпе канашлу иртternĕ. Канашлăва профсоюзсен Центральнăй Комитечĕсен председателĕсем, производствăлла-массăлла пайсен представителĕсем, профсоюзсен Мускаври тата Мускав облаçĕнчи комитечĕсен тата фабрикăпа завод комитечĕсен руководителĕсем пухăннă.

Докладчик—ВЦСПС-ăн производствăлла-массăлла пайĕн заведующийĕ Евстратов юлташ çакăн çинчен пĕлтернĕ: рабочисен, инженерсен коллективĕсем, ялхуçалăх ĕçченĕсем йышăннă пысăк обязательствăсем производствăри çĕнĕ резервсене палăртма, заданисене срокчен пурнăçлама пулăшнă. Пирĕн çĕршыв валли иртнĕ çулхи планран ирттерсе çĕр кăмрăкĕ, металл, машинăсем, халăха кирлĕ таварсем нумай туса панă. Рационализатор-рабочисем пысăк усăллă ĕçсем тунă. Мускаври «Каучук» заводра кашни вицçĕмĕш рабочи — рационализатор. Юлашки уйăхсенче Ленинградри «Электросила» заводра рационализаторла сĕнÿсен хисепĕ виçĕ пайĕнчен пĕр пайĕ чухлĕ ÿснĕ. Вĕсене пурнăçа кĕртни 7 миллион тенкĕ яхăн перекетлеме май панă.

Малта пыракан опыта сарасси çине тимлĕрех пăхма пуçланă. Юлашки вăхăтра Кузнецкри металлурги комбинатĕнчи новаторсен шкулĕсенче пĕр пин ытла сталеварсемпе прокатчиксене пысăк тухăçлă ĕç меслечĕсемпе усă курма вĕрентнĕ. Ярославльри шина заводĕнче чи лайăх бригадăсен руководителĕсем — Позднякóв, Андержанов, Чапковский, Воробьев юлташсемпе ытти юлташсем нумай коллективсене ĕçĕн чи лайăх меслечĕсене вĕренме, пысăк çитĕнÿсем тума пулăшаççĕ. Мускав патĕнчи çĕр кăмрăк бассейнĕнчи малта пыракан горняксем комбайнсемпе, врубовой машинăсемпе тата электровозсемпе туллинрех усă курма тытăннă, шахтăсенче ĕç тухăçлăхне ÿстернĕ.

Докладчик тата пренисенче тухса каланă юлташсем çакна кăтартса панă: профсоюзсен фабрикăсемпе заводсенчи нумай комитечĕсем социализмла ăмăртăва ертсе пырас тĕлĕшпе ĕçе лайăхлатса пыраççĕ.

Çакăнпа пĕр вăхăтрах пир-авăр, çăмăл, апат-çимĕç промышленноçĕсен тата ытти хăшпĕр отрасльсен предприятийĕсенчи фабрикăпа завод комитечĕсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене палăртнă. Паха пуçарусене кирлĕ пек сарса пыманнине кăтартса панă. Çапла, сăмахран, пир-авăр производствинче резервсене лайăхрах усă курас енĕпе паллă новатор Капралов юлташ пуçарнă ăмăртăва сарас ĕç çине кирлĕ пек тимлĕ пăхмаççĕ.

Съезд умĕн илнĕ обязательствăсене пурнăçлас ĕçре профсоюз организацийĕсем предприятисене конкретлăн пулăшса пымаллине канашлу палăртнă. Ку тĕлĕшпе канашлура паха сĕнÿсем нумай панă.

(ТАСС).

## Н. А. Булганин юлташ „Индие, Бирмăна тата Афганистана кайса килни çинчен" тунă доклад текстне кĕнеке туса кăларнă

Государствăн политикăлла литература издательстви «Индие, Бирмăна тата Афганистана кайса килни çинчен» Н. А. Булганин юлташ ССР Союзĕн Верховнăй Совечĕн тăваттăмĕш созыври Верховнăй Совечĕн тăваттăмĕш сессийĕнче 1955 çулхи декабрĕн 29-мĕшĕнче тунă доклад текстне кĕнеке туса кăларнă.

Кĕнекене массăллă тиражпа пичетлесе кăларнă. (ТАСС).

## Н. С. Хрущев юлташ ССР Союзĕн тăваттăмĕш созыври Верховнăй Совечĕн тăваттăмĕш сессийĕнче каланă сăмах текстне кĕнеке туса кăларнă

Государствăн политикăлла литература издательстви Н. С. Хрущев юлташ ССР Союзĕн тăваттăмĕш созыври Верховнăй Совечĕн тăваттăмĕш сессийĕнче 1955 çулхи декабрĕн 29-мĕшĕнче тухса каланă сăмахăн текстне кĕнеке туса кăларнă.

Кĕнекене массăлла тиражпа кăларнă.

(ТАСС).

## Хусанти пурăнмалли çуртсене газ кĕртме тытăннă

Тутар республикин столицинче пурăнакансем газпа усă курма тытăннă. Ăна республикăри нефтьлĕ вырăнсенче нефтьпе пĕрле кăлараççĕ. Çак кунсенче хулари Кировски тата Молотовски районсенчи 5 çурта газ кĕртнĕ. 200 хваттере газ плитисем ăшăтаççĕ. Ситес кунсенче Карл Маркс, Молотов, Халтурин урамĕсемпе ытти урамсенчи вуншар çуртсенче пурăнакансем çак йÿнĕ топливăна усă курма пуçлаççĕ. Кăçал Хусанта 7 пин хваттере газ кĕртме палăртнă. (ТАСС).

### РАЦИОНАЛИЗАТОРСЕН ÇИТĔНĔВĔСЕМ

Мускаври Сталин ячĕпе тăракан автомобиль заводĕнче рационализаторсемпе изобретательсем 6 пин çын ытла шутланаççĕ. Иртнĕ çул вĕсем ĕçе лайăхлатма пулăшакан 14.500 сĕнÿ панă. Çак вăхăт хушшинче 7 пин ытла сĕнĕве производствăна кĕртнĕ. Ку сĕнÿсем предприятие çулталăкра 29,2 миллион тенкĕ перекетлеме май параççĕ. (ТАСС).

# Тăван çĕршывра

## Районта кая юлнă колхозсем çук

Калуга облаçĕнчи Высокиничи районĕнчи колхозсем КПСС XX-мĕш съездне çĕнĕ çитĕнÿсемпе кĕтсе илеççĕ. Хăйсен малашлăх планĕсене срокчен пурнăçласа, пĕр çулталăк хушшинче колхозсем тĕштырă туса илессине 58 процент, сысна ашĕ туса илессине икĕ хут ÿстернĕ. Ĕнесем, вăтам шутпа илсен, 300-шер килограмм нумайрах сĕт пама пуçланă. Çаксем ĕнтĕ колхоз экономикине нумай тĕреклетнĕ. Ялхуçалăх артелĕсенче тĕрлĕ çуртсем нумай лартаççĕ. Ĕçкунĕсем тăрăх колхозниксене 1954 çулхинчен икĕ хут нумайрах укça, тырă, пахча çимĕç валеççе панă.

Çак çитĕнÿсем вĕсем колхозниксемпе механизаторсен ăнăçлă ĕçĕн, коммунистсен организаторла тата политикăлла ĕçĕн результачĕсем пулса тăраççĕ.

— Халĕ ĕнтĕ пирĕн районта, — тет КПСС райкомĕн секретарĕ С. Н. Скрипицин,—кая юлнă колхозсем çук. Вĕсем пурте государство умĕнчи обязательствăсене вăхăтра пурнăçласа пыраççĕ, хăйсем валли вăрлăх çителĕклĕ хатĕрлесе хунă. Вĕсен кирлĕ чухлĕ выльăх-чĕрлĕхпе выльăх апачĕ пур, колхозниксене тырă çителĕклĕ валеççе параççĕ.

Районти колхозсем тырпул тата выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илес тĕлĕшпе КПСС Центральнăй Комитечĕн январьти Пленумĕ 1960 çул валли çирĕплетсе панă заданисене срокчен—1957 çулта пурнăçлас задача лартнă. (ТАСС).

## Ушкăнпа лартнă садсем

Пирĕн çĕршывра нумай предприятисемпе организацисенче ĕçлекенсем ушкăнпа садсем лартса ÿстереççĕ. Кăçал çак ĕçе вăйлатма лайăх условисем туса параççĕ.

РСФСР Ялхуçалăх министерствинче пĕлтернĕ тăрăх, халĕ ĕнтĕ профсоюз организацийĕсем сĕннипе рабочисемпе служащисем коллективлă садсем лартма кашни çемье пуçне хуласенче 600 тăваткал метр таран, хуласен тулашĕнче 1.200 тăваткал метр таран çĕр илме пултараççĕ. Уйăрса панă участоксене тирпейлесе йĕркелемешкĕн коллективсене предприятисемпе организацисен руководителĕсем пулăшма тивĕçлĕ.

Государство питомникĕсем сад ĕрчетекенсене лартма кирлĕ йывăççем параççĕ. Сад ĕрчетекенсене агрономи тĕлĕшпе пулăшас ĕçе вырăнти Советсем организациленĕ.

Улма-çырла йывăççисене сиенлекен хурт-кăпшанкăсемпе тата чирсемпе кĕрешме коммунальнăй хуçалăх пайĕсем тата МТС-сем пулăшаççĕ. Кирлĕ чухне çавăн пек ĕçсем тума вырăнти Советсен исполкомĕсем çумĕнче специализациленĕ отрядсем тума пултараççĕ.

Садсенче ĕçлемелли вак инвентарь нумайрах туса кăларма палăртнă. (ТАСС).

### Колхозсен теплицисенче

Колхозсен теплицисенче хăяр, помидор, симĕс культурăсем акма тытăннă.

Юлашки икĕ çул хушшинче РСФСР-ти колхозсенче парниксен хисепĕ икĕ хут, теплицăсен хисепĕ вара виçĕ хут ытла ÿснĕ. Мускав, Горький, Ярославль облаçĕсенчи тата Тутар АССР-ĕнчи нумай колхозсенче теплицăсен кашни тăваткал метрĕ çинче 20-шер — 26-шар килограмм пахча çимĕç туса илнĕ.

Парниксемпе тĕрĕс усă курнă чухне вĕсенче çулталăкра икĕ хутчен, теплицăсенче виçĕ хутчен пахча çимĕç туса илнĕ. (ТАСС).

## Центральнăй Тянь-Шане чи малтан тĕпчесе пĕлнĕ çын

Паллă географ Петр Петрович Семенов-Тян-Шанский Центральнăй Тянь-Шане тĕпчесе пĕлме пуçланăранпа кăçал 100 çул çитет. Киргиз республикинчи ученăйсем çак событие паллă тума хатĕрленеççĕ. Семенов-Тян-Шанский çÿлĕ тусем тăрăхĕнчи географипе çутçанталăк çинчен, унти киргиз халăхĕн пурнăçĕпе йăли çинчен пуринчен малтан тĕрĕс çырса кăтартнă.

Киргиз ССР Наука академийĕн географи секторĕ наукăлла произведенисен сборникне пичетлесе кăларма хатĕрленет. Хăшпĕр произведенисем Центральнăй Тянь-Шаньре совет власĕ вăхăтĕнче пулса иртнĕ пысăк улшăнусене кăтартса параççĕ. Тĕпчевçĕ пулнă вырăнсене кайса çÿреме палăртнă. Юбилей ячĕпе наукăлла сесси пулать. Иссык-Кульри Пржевальский ячĕпе тăракан краеведени музейĕ Семенов-Тян-Шанский Киргизире тунă тĕпчевлĕ ĕçсем çинчен каласа паракан материалсен уйрăмне организацилет.

## Кÿлĕсемпе юханшывсен юшкăнĕпе уй-хире çемçетеççĕ

МИНСК. Белоруссири нумай ялхуçалăх артелĕсем уй-хире çемçетес ĕçре кÿлĕсенчи тата юханшывсенчи юшкăнпа усă кураççĕ. Хĕллехи вăхăтра колхозниксем пăр уçаççĕ те юшкăна кĕреçесемпе касса илсе уй-хире кăлараççĕ. Ку ĕçре чылай МТС-сем погрузчиксемпе, экскаваторсемпе усă кураççĕ.

Опыт кăтартнă тăрăх, юшкăн пысăк усă кÿрет. Вăл пахча çимĕçсен, йĕтĕнĕн тата ытти культурăсен тухăçлăхне нумай ÿстерет. Юшкăнпа хăй халлĕнех те, тислĕкпе компост туса та усă кураççĕ.

(ТАСС).

## Чир-чĕртен сыватакан çĕнĕ учрежденисем

ЙОШКАР-ОЛА. Атăл çинчи Майский поселокĕн чи инçетри вăрманпромхозĕнче тĕрлĕ специальноçлă врачсем ĕçлекен больница уçăлнă. Морки районĕнчи Шор-Уньжа ялĕнче медицина пункчĕпе аптека ĕçлеме пуçланă.

Оршанка районĕнчи Люльпаны ялĕнче, Суслонгер вăрманпромхозĕн Зеленогорск поселокĕнче больницăсем туса пĕтереççĕ, Йошкар-Олара республика больницин иккĕмĕш корпусĕн виçĕ хутлă çуртне тума тытăннă. Кăçал республикăра чир-чĕртен сыватакан учрежденисем 60 ытла уçăлаççĕ, пуринчен ытларах вĕсем ялсенче тата «Марилес» комбинатăн вăрман пункчĕсенче пулаççĕ.

Сывлăха сыхлас ĕçĕн çĕнĕ бюджечĕ Мари АССР-ĕнче ĕççыннисене медицина пулăшăвĕ парасси лайăхланнине кăтартать. Кăçал çак бюджет, иртнĕ çулхипе танлаштарсан, 14 миллион тенкĕ яхăн, урăхла каласан, 16 процент ытла ÿснĕ.

(ТАСС).



Челябинск. Çĕнĕ çул умĕн Челябинскри металлурги заводĕнче тăваттăмĕш домна кăмаки ĕçе кĕнĕ.
ÿКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: домна цехĕ. Малта вырăнта—тăваттăмĕш домна.
В. ГЕОРГИЕВ фотоÿкерчĕкĕ.
(ТАСС фотохроники).

# Вагонсем юсакан завод хăçан поток йĕркипе ĕçлеме пуçлать

Канашри вагонсем юсакан завод СССР Çул-йĕр министерствине пăхăнса тăракан предприятисенчен пуриччен малтан вагонсене поток меслечĕпе юсама пуçланă. Анчах юлашки çулсенче çав малта пыракан меслетпе ĕçлеме пăрахнă.

Иртнĕ çулта КПСС Чăваш обкомĕ вагонсем юсакан завод руководителĕсене тата КПСС Канаш хула комитетне вагонсем юсас ĕçе çĕнĕрен поток меслечĕпе организацилеме хушрĕ. Унтанпа чылай вăхăт иртрĕ, анчах завод управленийĕпе парти комитечĕ, çавăн пекех профсоюз комитечĕ КПСС обкомĕн бюровĕ йышăннă решение пурнăçлассишĕн кирлĕ пек ĕçлени курăнмасть. Ку таранччен те поток меслечĕпе ĕçлессине йĕркелесе çитермен тата, технологилле хăшпĕр процессем улшăннă пирки, поток меслетне çĕнетсе лайăхлатасси вăраххăн пулса пырать.

Мĕншĕн?

Кунта эпир поток йĕркипе ĕçлеме чăрмантаракан хăшпĕр ыйтусем пирки чарăнса тăрасшăн.

Акă, вагонсем хатĕрлекен цеха илĕпĕр. Кунта чылай процессене халĕ те механизацилемен. Юсавпа комплект цехĕнче оборудованипе станоксене тĕрĕс вырнаçтарса лартман. Çавăн пирки пĕр детале юсас пулсан 5—6 çĕре куçарса çÿреме лекет. Çавна пула грузсем илсе çÿренĕ чухне поток меçлечĕ пăсăлать, рабочисен темиçе сехет хушши ахаль тăма тивет.

Оборудованипе туллин усă курманни ытти цехсенче те палăрать. Шăпах çавăн пирки ĕнтĕ 1955 çулта рабочисем 2 пин сехет ытла ахаль иртернĕ. Ку вăхăт 40 вагон юсаса кăларма çитет.

Вагонсем пухакан, йывăç каскалакан тата разборочнăй цехсенче те технологие çĕнетес тĕлĕшпе кирлĕ улшăнусем туманха. Вагонсене сÿтнĕ çĕрте слесарьсем кивелнĕ инструментсемпе усă курассĕ. Çав ĕçсене механизацилесси синчен виççĕмĕш çул калаçассĕ, анчах усси çук.

Литейнăй цехра 1949 çултанпа пысăк тухăçлă «Герман» маркăллă формовочнăй машина ахаль ларать. Çак цехрах пескодувнăй, воздуходувнăй машинăсемпе усă курмаççĕ. Çавăн пекех пĕр çулталăка яхăн ĕнтĕ заводра сывлăш компрессорне ĕçлеттерейместĕ. Электросварочнăй автоматсемпе тата çурмаавтоматсемпе те кирлĕ пек усă кураймаççĕ.

Заводра-рационализаципе изобретательство ĕçĕ те тивĕçлĕ вырăнта мар-ха. Тепĕр чухне панă сĕнÿсене чылай вăхăт хушши пăхса тухмасăр е усă курмасăр вырттараççĕ. 1955 çулта заводра 190 ытла рационализаторла сĕнÿ панă, вĕсенчен вара суррине те пурнăça кĕртмен. Гитцнпа Леонтьев инженерсем çулталăк каялла панă сĕнÿсене халĕ те пăхса тухман. Тимĕрçĕ цехĕнчи слесарь Кириллов юлташ хĕртмелли кăмакасен конструкцине урăхлатса çĕнетме панă сĕнÿ те хут айĕнче выртать-ха. Хăшпĕр цехсенче изобретательствăпа рационализаци ĕçне ертсе пыракан та çук.

Заводра производствăна планлас ĕçе япăх йĕркеленĕ. Планлас ĕçре заводра пĕр еврĕлĕ, çирĕп методика пулман пирки, цехсене час-часах тĕрĕс мар заданисемпе плансем параççĕ. Сăмахран, пĕрпĕр йышши продукци туса кăларма план пайĕ пĕр виçе, производство пайĕ тепĕр виçе тăваççĕ. Çавна пула детальсем хатĕрлекен цехсем хăшпĕр детальсене ытлашши, теприсене—сахал туса кăлараççĕ. Детальсем мĕн чухлĕ расходламалли нормăна главнăй технолог пайĕн туса хатĕрлемелле.

План пайĕ туса хатĕрлекен квартал заданийĕсенче, пăллах, хăшпĕр улшăнусем пулма пултараççĕ. Çав улшăнусене шута илсе, производство пайĕн цехсене кашни уйăхрах графиксем памалла. Анчах çак ĕçе хăшпĕр чухне цех мастерĕсене шанса параççĕ. Çавна пула график тăрăх тĕп продукци туса кăлармалли задание уйăхăн малтанхи вунăкунлăхĕнче сахал палăртаççĕ. Ахальтен мар ĕнтĕ завод уйăх пуçламăшĕнче кашни кун 1—2 вагон юсаса кăларать, уйăхăн юлашки кунĕсенче вара 30—35 вагон таран юсаççĕ.

Планлас ĕçе тивĕçлипе йĕркелемен пиркиех хăшпĕр цехсен пĕр хушăрах темиçе йышши деталь туса кăларма тивет. Çакă кулленхи планерка хыççăн уйрăмах палăрать. Цех начальникĕ планеркăра васкавлă задани илет те, кун варринче мастерсене урăх йышши продукци туса кăларма хушать. Кÿ, паллах, рабочисене пысăк чăрмав кÿрет.

Вагонсем юсаса кăлармалли графика йĕркеллĕ пурнăçласа пыманни материалсем пулманнинчен те килет. Йывăç материалсенех илер-ха. Вĕсене нормăпа палăртнă чухлĕ тата вăхăтра илсе тăраççĕ. Çапах предприятире кÿ материалсем çитмен пирки пысăк чăрмавсем пулаççĕ, мĕншĕн тесенăна ытлашши расходлаççĕ. Пĕлтĕр йывăç материалсем виçĕ пин кубометра яхăн ытлашши расходланă. Çав материалсене тăратакан организацисем пурте тенĕ пекех, вăл шутра хамăр республикăри (Улатăрти, Кирери, Алтышевăри тата Буинскри) хăма çуракан заводсем те, 45 миллиметр хулăмĕш тата 130—150 миллиметр сарлакăш материалсем ырăнне 50 миллиметр хулăмĕш тата 200—220 миллиметр сарлакăш материалсем ярса параççĕ. Çавăнпа та хăмасене саваласа йывăç ахаль сая каять. Кунсăр пуçне заводра та материалсене тирпейсĕр тыткаласа е çĕмĕрсе брак нумай тăваççĕ, кивĕ материалсемпе çителĕксĕр усă кураççĕ.

Чылай цехсенче усă курма май пур детальсене, çавăн пекех метала юрăхсăр тимĕр-тăмăр çине ярса пысăк тăкак тăваççĕ. Хăшпĕр цехсенче технологи процесне, техникăлла нормăна пăсса ĕçлени палăрать. Çапла, механически цехра хăшпĕр детальсене тунă чухне виçене пăхăнмасăр ĕçленĕ май, юрăхлă металл нормăпа пăхнинчен, 1,5—2 хут ытлашши расходлаççĕ. Тепĕр чухне производствăна планлама пĕлмен пирки метал чылай сая каять.

Завод браксем тунипе те сиен курать. Çапах çак ĕçри çитменлĕхсене пĕтерессишĕн конкретлă мерăсем йышăнни çук.

Завод чылайранпа ĕнтĕ укçа-тенкĕ енĕпе йывăрлăх тÿсет. Çакăншăн финанс пайĕн, главнăй механик тата материальнăй снабжени пайĕсен работникĕсем те айăплă. Финанс пайĕ кредиторсемпе дебиторсене тĕплĕн пĕлмест, вĕсене лицевой карточкăсем çине çырса пыма пăрахнă. Иртнĕ çулта дебиторла парăм 600 пин тенке яхăн çитнĕ. Нормăран ытлашши материалсем пурри те укçа-тенкĕ тĕлĕшĕнчен завода йывăрлăх кÿрет. Тĕрĕссипе илсен, главнăй бухгалтеринче те, финанс пайĕнче те, материальнăй снабжени пайĕнче те заводăн нормăран ытлашши материалсем мĕн чухлĕ пулнине пĕлмеççĕ.

Укçа-тенкĕ енĕпе йывăрлăха кĕрсе ÿкни производство ĕçĕнче те палăрать. Чылай чухне завод материалсем парса тăракансем умĕнче парăма кĕрет, рабочисене ĕç укçи вăхăтра параймасть.

Заводра социализмла ăмăртăва начар ертсе пыраççĕ. Чылай рабочисем ăмăртăва хутшăнман. Пĕр вăхăтра кашни рабочин «Манăн социализмла обязательствăсем» ятлă кĕнеке пулнă. Халĕ вĕсем çук. Хăшпĕр цехсенче ăмăртăва нимĕнле майпа та йĕркелемен.

Сăмахран, вагонсем пухса хатĕрлекен цехра социализмла обязательствăна уйăх варринче çеç йышăнаççĕ. Обязательствăна мĕнле пурнăçланине сайра хутра çеç, ситменнине тата юлса пыракансен ĕçне кирлĕ пек тишкермесĕр пăхса тухаççĕ. Калас пулать, ку цехра кашни уйăхрах 2—3 участок тата 4—5 бригада плана тултараймаççĕ. Тухăçлă ĕçлеме кирлĕ условисем туса паман, ĕçе тĕрĕс организацилемен тата материалсем çитмен пирки рабочисем ĕç вăхăчĕн 20—30 процентне ахаль тăрса ирттереççĕ. Цехри парти тата профсоюз организацийĕсем те, цех начальникĕ Черноног юлташ та, çав çитменлĕхсене пĕтерессишĕн тивĕçлĕ мерăсем йышăнмаççĕ.

Хăшпĕр цехсенче кăтарту хăмисем çине вăхăтра çырмаççĕ. Профсоюз комитечĕ пĕр эрнери итогсем тăрăх малта пыракансене хĕрлĕ вымпелсем паналла тунăччĕ. Анчах юлашки вăхăтра цехсенче çав вымпелсене курма çук. Вагонсем пухакан цехра вара вымпелсем цех начальникĕн кабинетĕнче выртаççĕ.

Ăмăртура чи кирли вăл—малта пыракансен опытне вĕренни. Йывăç каскалакан, механически, вагонсем пухакан тата ытти хăшпĕр цехсенче вара малта пыракансен меслетне пĕр çынна та вĕрентмен. Автотормозсем пухакан Бусаров слесарĕн меслетне вĕренесси çинчен каласу пуçланăччĕ, анчах калаçнипех иртсе кайрĕ. Тимĕрçĕ цехĕнче Галкинпа Виноградов юлташсен меслетне вĕренес, ытти рабочисем хушшинче сарас ĕçе вĕçне çитереймен. Иртнĕ çулта Дубровин инженерпа Григорьев токарь Средневолжски станкостроительнăй заводра пулнă. Вĕсем В. Колесов юлташăн опычĕпе паллашнă. Унтан таврăнсан заводри токарьсене паллă новаторăн меслечĕ çинчен каласа панă. Анчах Колесов юлташăн опычĕпе ĕçлессине паян кун та йĕркелемен.

— Манăн станок минутра 250 оборот тăвать. Уйрăм детальсене якатнă чухне эпĕ метала виçĕ миллиметр хулăнăш касма пултаратăп. Анчах пирĕн çирĕп резецсем çителĕксĕр. Çавна пула станокăн вăйĕпе çурри таран çеç усă курма тивет,— тет механически цехри Федотов токарь.

КПСС Центральнăй Комитечĕн июльти Пленумĕ парторганизацисене рабочисем хушшинче политикăлла-массăлла ĕçе тĕпрен лайăхлатса пыма хушса хăварчĕ. Партком Пленум решенийĕсене пурнăçлас тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлет, партилле-политикăлла ĕçе чылай цехсенче ячĕшĕн çеç туса пырать, цехсенчи пуçламăш организацисене тивĕçлĕ пулăшу памасть. Агитаторсемпе ĕçлессине, вĕсене пулăшу парассине партком пĕтĕмпех цехсенчи парторганизацисене шанса панă. Цехсенчи парторганизацисем вара, çÿлтен контроль пулман пирки, çав ĕçе çителĕксĕр туса пыраççĕ.

Запаслă пайсене юсакан цехри парторганизаци секретарĕ Анисимов юлташ каланă тăрăх, ку цехра 15 агитатор. Юлашки вăхăтра вĕсем мĕнле калаçусем ирттернине вара рабочисем пĕлмеççĕ. Агитаторсемпе виççĕмĕш уйăх ĕнтĕ канашлу ирттермен.

Çĕнĕ, 1956 çулта вагонсем юсакан завод хăйĕн ĕçне чылай лайăхлатма, малта пыракансен ретне тăма пултарать. Предприятие йĕркеллĕ ĕçлекен тăвас тесен, чи малтан, вагонсене поток меслечĕпе юсассине хăвăртрах организацилемелле.

«Коммунизм ялавĕ» хаçат бригади: П. ХАРИТОНОВ, инженер, И. МАРКОВ, нумай тиражлă «Вагонник» хаçат сотрудникĕ, Х. ЛИСИН, «Коммунизм ялавĕ» хаçат корреспонденчĕ.



Хулари ĕççыннисене апат-çимĕç тĕлĕшпе лайăхрах тивĕçтерес майпа столовăйсемпе ресторансен тресчĕ иртнĕ çулта кафе-кондитерски уçрĕ. Кафе 1955 çулхи IV-мĕш кварталти плана 108 процент тултарнă. Кафере тортсем, пирожнăйсем, булкăсем, кукăльсем, кофе, какао кулленех нумай сутаççĕ.

ÿКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Кафери кондитерски цехра. Малта — лайăх ĕçлекен М. П. Попова мастер тортсем тăвать.

Г. Зиньков фотоÿкерчĕкĕ.

## Район центрĕнчи библиотекăра

УЛАТĂР. Район центрĕнчи библиотекăра кăçсерен уйрăмах халăх нумай пулать. Пĕрисем кунта кĕнеке улăштарса илме, теприсем çĕнĕ хаçат-журналсем вулама пырса каяççĕ. Çак библиотека Улатăр хулинчи чи ватă библиотекăсенчен пĕри, унăн сÿлĕкĕсем çинче 22 пин ытла кĕнеке. Кунти кĕнекесемпе 1.800 çын усă курать.

Библиотекăра ĕçлекенсем вулакансене кирек хăçан та ăшшăн кĕтсе илеççĕ, вĕсем мĕнле кĕнекесемпе ытларах интересленнине пĕлсе тăма, усăллă канашсем пама тăрăшаççĕ. Вулакан библиотекăна пырать те хăйне кирлине часах тупать. Кунта тĕрлĕ ыйтусем тăрăх литература списокĕсем, кĕнеке выставкисем, монтажсем тунă. Вуламалли залра КПСС Центральнăй Комитечĕн январьти Пленумĕ çинчен калакан интереслĕ монтаж умĕнче çынсем яланах нумайччен чарăнса тăраççĕ. Çавăн пекех «Совет промышленноçĕн техникăлла прогресĕшĕн» ятлă плаката, «Партин ХХ-мĕш съезчĕ умĕн» альбома лайăх тунă.

Библиотека работникĕсене актив массăлла ĕçсем ирттерме пулăшать. Б. Бардеев, А. Кузнецова тата ытти нумай юлташсем плакатсемпе монтажсем тунă çĕрте те, çĕнĕ кĕнекесене каталога кĕртме те, конференцисем ирттерме те пулăшаççĕ.

Библиотека заведующийĕ Гузакова юлташ тăрăшнипе иртнĕ çул Н. Никитинăн «Северная аврора», А. Кожевниковăн «Живая вода», Ажаевăн «Далеко от Москвы» кĕнекисем тăрăх конференцисем ирттернĕ. «Далеко от Москвы» роман тăрăх вулакансен конференцине Алтышевăра та лайăх ирттернĕ.

Библиотека работникĕсем литературăна районти ĕççыннисем хушшинче анлăн сарма тăрăшаççĕ. Çав шутпа кунта куçса çÿрекен 15 библиотека тунă. Вĕсенчен пĕрне «Победа» колхозра йĕркеленĕ, унта Б. Жигалов колхозник ĕçлет. Б. Жигалов юлташ, хăй те кĕнекесене юратаканскер, интереслĕ кĕнекесем çинчен ытти колхозниксене каласа парать, выставкăсем йĕркелет, кама мĕнле кĕнекесем интереслентернине тĕпчесе пĕлет.

И. АНИЕНКОВ.

*Районти хаçатсене пăхса тухни*

## Чĕнсе каланисемпе обязательствăсем пичетленнĕ хыççăн

Совет çыннисем Коммунистсен партийĕн ХХ-мĕш съездне çĕнĕ çитĕнÿсемпе кĕтсе илме хатĕрленеççĕ. Вĕсем съезд ячĕпе пысăк обязательствăсем йышăнса, хăйсен сăмахне пурнăçлассишĕн пĕтĕм вăя хурса ĕçлеççĕ.

Çак условисенче пичетĕн организаторла ролĕ уйрăмах ÿсме тивĕçлĕ. Анчах хаçат редакцийĕсенчен чылайăшĕ çакна ăнланса илеймен. Ку вăл çак фактран та курăнать: Октябрьски районĕнчи «Хĕрлĕ Октябрь» хаçатра 1955 çулхи июлĕн 14-мĕшĕнче доярккăсен районти канашлăвне хутшăннисен обязательствисем пичетленнĕ, доярккăсемпе ферма заведующийĕсем тата колхоз председателĕсем ĕнесенчен сĕт суса илессине чылай ÿстерессишĕн çине тăрса кĕрешме пулни çинчен пĕлтернĕ. Паллах, хаçата вулакансем тата доярккăсем колхозсенче çав обязательствăсем мĕнле пурнăçланса пыни çинчен пĕлесшĕн пулнă. Хаçат редакцийĕ вара ун çинчен пачах маннă теме те юрать.

Июльпе август уйăхĕсенче доярккăсен ĕçĕ мĕнле пыни çинчен хаçатра пĕр йĕрке те пичетлемен. Сентябрьте хаçат «Волгарь» колхозри ĕне фермин заведующийĕ А. Андреев ĕнесене лагерьте усрани сĕт тухăçлăхне ÿстерме пулăшни çинчен статья тата районта çак ĕç мĕнле пыни çинчен сводка пичетленĕ.

Октябрĕн 9-мĕшĕнче хаçат тепĕр документ—«Звезда» колхозри доярккăсем сĕт тухăçлăхне ÿстерессишĕн ăмăртăва хутшăнма чĕнсе каланине пичетленĕ. Анчах çак çырăва кам та пулин вуланă-ши, ун çинчен илтнĕ-ши? Ытти колхозсенчи доярккăсем «Звезда» колхозри доярккăсен лайăх пуçарăвне мĕнле кĕтсе илнĕ-ши? Çакăн çинчен «Хĕрлĕ Октябрь» нимĕн те пĕлтермерĕ. Паянхи куна çитсе те хаçат районти малта пыракан уйрăм доярккăсен ĕç опытне тĕплĕн кăтартса паракан пĕр статья та пичетлемерĕ. Сĕт суса илес тĕлĕшпе районта чи малта пыракан «Звезда» колхозри доярккăсен ĕçĕ çинчен те çиелтен çырнă пĕр заметкăра çеç (ноябрĕн 7-мĕшĕнче) асăннă.

Ку вăл пĕр тĕслĕх кăна. Ытти ыйтусепе сутатнă чухне те пуçланă ĕçе вĕçне çитерессишĕн, ырă пуçарăва, малта пыракансен опытне анлăн сарса пырассишĕн хаçат çине тăрса кĕрешмест.

Хаçат Калинин ячĕпе тăракан колхозри комсомолецсемпе çамрăксем районти мĕнпур комсомолецсемпе çамрăксене чĕнсе каланине пичетленĕччĕ. Çак колхоз çамрăкĕсем клубсемпе вулав çурчĕсене тата библиотекăсене хĕллехи вăхăтра ĕçлеме сентябрĕн 1-мĕшĕчен юсаса пĕтерме пулнăччĕ. Вĕсен пуçарăвне ВЛКСМ райкомĕ те ырланăччĕ. Анчах хаçат çакăн çинчен пĕлтернипех лăпланнă, хаклă пуçарăва анлăн сарса ярассишĕн тăрăшман, культура учрежденийĕсене хĕле хатĕрлес ыйтупа урăх нимех çырман. Октябрĕн 16-мĕшĕнче кăна хаçат ку ыйтăва иккĕмĕш хут хускатать, «Культурăпа çутĕç учрежденийĕсене хĕле лайăх хатĕрлер» ятлă умстатья пичетлет. Анчах унта та Калинин ячĕпе тăракан колхоз çамрăкĕсен пуçарăвĕ çинчен, вĕсем хăйсен сăмахне мĕнле пурнăçлани çинчен пĕр сăмахпа та асăнман.

Çапла вара хаçат хăйĕн тивĕçне туллин пурнăçласа пымасть, ĕççыннисен патриотла пуçарăвĕсене анлăн сарса ярассишĕн çине тăрса кĕрешмест, хăйĕн организаторла рольне ÿстерме начар тăрăшать. Тĕрлĕрен сводкăсем, чĕнсе каланисем, обязательствăсем пичетленипе тата умстатьясенче кăтартусем панипех лăпланса ларать.

Çак пысăк çитменлĕх «Хĕрлĕ Октябрь» хаçатра кăна мар, ытти районсенчи хаçатсенче те палăрать. Вĕсем пĕр-пĕр çĕнĕ пуçару çинчен пĕр-икĕ номерте «шанласа» илеççĕ те, урăх темăсем çине куçсанах, ун çинчен манаççĕ.

Хальхи вăхăтра пур район хаçачĕсем те Кольцовкăри Сталин ячĕпе тăракан колхоз ĕçченĕсем чĕнсе калани çинчен, Çĕрпÿ районĕнчи выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçлекенсен, Чкаловски МТС механизаторĕсен обязательствисем çинчен пĕлтерчĕç. Çак обязательствăсене пурнăçлама ĕççыннисене организацилекен статьясем куллен-кун пичетлесси—район хаçачĕсен чи пирвайхи тивĕçĕ. Ăна пурнăçлас ĕçре малта пыракан пăха опыта анлă сарнин пĕлтерĕшĕ пысăк. Кунта çакна та манмалла мар: малта пыракан опыта лайăх пропагандăлакансем ялхуçалăхĕнчи новаторсем хăйсем пулса тăраççĕ. Вĕсем кăна пурнăçа тарăн пĕлсе, умра тăракан ĕçсене конкретлăн сутатса пама пултараççĕ. Вĕсем каласа пани кая юлнă колхозсене малтисемпе танлаштарассишĕн кĕрешнĕ çĕрте пысăк усă пама пултарать.

Республикăри ялхуçалăх ĕçченĕсем партин ХХ-мĕш съездне çуракине пур енчен те хатĕрленсе çитнипе, выльăх-чĕрлĕх йышĕпе тухăçлăхне чылай ÿстернипе кĕтсе илме сăмах пачĕç. Вĕсене хăйсен сăмахне пурнăçлама мобилизацилесси, организаторла ĕçе вăйлатасси хаçатсен пысăк та ответлă задачи.

*Кĕскен асăрхаттарнисем*

ОКТЯБРЬСКИ районĕнчи «Аниш» колхозăн вут-кăвартан сыхланма организациленĕ дружини ячĕшĕн анчах шутланса тăрать. Унăн начальникĕ С. Леонтьев ĕç кунĕсем илет пулсан та, ĕçĕ пачах курăнмасть. Насус юр айĕнче тутăхса ларать, вăл юрăхсăра тухнă.

ЧУРАЧĂК. «Динамо» колхоз иртнĕ çул выльăх апачĕ çителĕксĕр пулнипе пысăк йывăрлăхсем тÿссе ирттерчĕ. Анчах халĕ те кунта апата перекетлĕ тытма тăрăшмаççĕ. Уйри улмуриcене никам та сыхлакан çук. Улăма выльăх-чĕрлĕхсем туртса çиеççĕ, таптаса пĕтереççĕ.

В. АФАНАСЬЕВ.

*„Коммунизм ялавĕ" хаçатра çырнă хыççăн*

### „Техникăпа тĕрĕс усă курмалла"

«Коммунизм ялавĕ» хаçатăн ноябрĕн 15-мĕшĕнче тухнă номерĕнче Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбинатĕнче техникăпа çителĕксĕр усă курни, рационализаторсемпе изобретательсен ĕçне тивĕçлипе ертсе пыманни çинчен çырнăччĕ.

Комбинатри партком секретарĕ А. Дмитриев юлташ пĕлтернĕ тăрăх, статьяра комбинат ĕçĕнчи çитменлĕхсене тĕрĕс кăтартса панă.

Халĕ комбинатра çĕнĕ техникăпа малта пыракан технологие ĕçе кĕртессине лайăхлатас тесе организацилле-техникăлла ĕçсен планне çирĕплетнĕ. Партком главнăй инженера Любанский юлташа техникăлла прогресс ыйтăвĕсене хăвăртрах татса пама, рационализаторсем хушшинче ĕçлессине вăйлатма хушса хăварнă.

# Социализм тата капитализм хушшинчи экономикăлла ăмăрту

1955 çул вĕçленчĕ. Иртнĕ çул социализм лагерĕн экономикăлла хăвачĕпе политикăлла позицийĕсем малалла тĕреклене пынă çулталăк пулчĕ.

Капитализмла лагерьшĕн иртнĕ çул экономикăпа политика тĕлĕшĕнчи хирĕçÿсем çивĕчленсе тата тарăнланса пынă, капитализм позицийĕсем тата ытларах хавшанă çулталăк пулчĕ.

Истори аталанса пынă май пĕр-пĕрне хирĕçле икĕ система—тĕнчери социализмла система тата тĕнчери капитализмла система пулса тăчĕç, вĕсем пĕр вăхăтрах пурăнаççĕ.

Капитализмла çĕршывсемпе социализмла çĕршывсем хушшинче хирĕçÿсем пуррине совет çыннисем курса тăраççĕ. Çапах та вĕсем обществăлла тата экономикăлла йĕркесем тĕлĕшĕнчен ăрасна государствăсен пĕр-пĕринпе ырă кÿршĕсем пек пурăнма пултараççĕ, тесе шутлаççĕ. Совет халăхĕ В. И. Ленин икĕ система — социализмла тата капитализмла системăсем—пĕр-пĕринпе мирлĕ пурăнма тата экономика тĕлĕшĕнчен ăмăртма пултарни çинчен кăтартса панине асра тытать.

Капитализм идеологĕсем капитализмла йĕркесене питĕ мухтаççĕ. Çав йĕркесем пире пачах килĕшмеççĕ, эпир социализм пуринчен те прогрессивлăрах обществăлла система пулнине, унăн пулас̆лăхĕ пуррине ĕненетпĕр. Анчах камăн системи лайăхрах,—çак ыйтăва хĕçпăшалпа мар, экономикăлла ăмăртура, практикăлла тĕрĕслевре татса памалла. Пирĕн партин шухăшне палăртса, И. С. Хрущев хăй Индире каланă сăмахсенчен пĕринче çапла каларĕ:

«Камăн системи лайăхрах пулнине айтăр практикăра тĕрĕслер, тесе чĕнетпĕр эпир капитализмла государствăсен деятелĕсене. Айтăр-ха вăрçăсăр ăмăртар. Çакă вăл начар сĕнÿ-и вара? Кÿ вăл: айтăр-ха ăмăртар—кам нумайрах хĕçпăшал туса хатĕрлĕ, кам кама çапса çĕмĕрĕ, тенинчен лайăхрах ĕнтĕ. Вăрçасшăн ăмăртни—халăха хирĕçле ăмăрту, çынсене вĕлерсе пĕтерессишĕн ăмăртни пулать. Пирĕн сĕнÿсем мĕнпур халăхсен пурнăçне лайăхлатассишĕн мирлĕн ăмăртма чĕнни пулаççĕ».

Совет çыннисем экономика енĕпе капитализмпа мирлĕн ăмăртассинчен хăрамаççĕ. Вĕсем производство хатĕрĕсен обществăлла харпăрлăхĕ çине таянакан строй, çынна çын эксплуатацилессине, нацисемпе расăсене пусмăрлассине пĕтернĕ строй лайăххаххине пĕлсе çитнĕ. Совет государстви тата Европăпа Азири халăх демократи государствисен пĕтĕм историйĕ хуçалăхăн социализмла системи капитализмла системăран нумай лайăххаххине ĕненмелле кăтартса парать.

I.

Социализмла экономика тата капитализмла экономика хушшинчи ăмăрту вăл чи малтанах хăш система çирĕпрех пулни тата халăх хуçалăхне хăвăртрах аталантарма пултарни, хăш система халăхăн материальнăй пурнăçĕпе культурине тăтăшах çĕклентерсе пыма пултарни çинчен танлашни пулать.

Çак ăмăртура социализм стройĕ мала тухма пултарать, вăл—пур енчен те лайăх, малта пыракан строй. Капитализмла строй чухне производство анархийĕ, хуçалăха арпатакан конкуренци пур, çаратса кăваракан экономикăлла кризиссем пулаççĕ. Социализмла экономика план тăрăх (пропорци йĕркипе) аталанмалли закона пăхăнса аталанса пырать, вăл производство анархийĕпе кризиссенчен ирĕклĕ. Социализм чухне пĕр-пĕрне хирĕç кĕрешекен классем çук, нумай укçа-тенкĕпе пурлăха харама яракансем, харампыр-эксплуататорсем çук. Ĕççынни массисем эксплуатацирен хăтăлнă, хăйсен çĕршывĕн хуçисем пулса тăнă, вĕсем обществăлла производствăна пĕрмаях ÿстерсе пырассишĕн чун-чĕререн тăрăшаççĕ.

Социализмла система лайăх пулнипе усă курса, совет çыннисем питĕ пысăк çитĕнÿсем турĕç. Тĕнчери иккĕмĕш вăрçă хыççăн совет экономикине кĕске срокрах юсаса çитернĕ. 1955 çулта промышленность производстви шайĕ, 1940 çулхипе танлаштарсан, виçĕ хут ытла ÿснĕ.

Йывăр индустрин ÿсĕмĕ уйрăмах пысăк,—вăл пирĕн пĕтĕм халăх хуçалăхне малалла аталантармалли никĕс тата хамăр Тăван çĕршывăн чиккисене никам пырса кĕрейми тумалли шанчăк пулса тăрать. ССР Союзĕн пĕтĕм промышленноçĕн продукцийĕ 1913 çулпа 1954 çул хушшинче 27 хут ÿснĕ пулсан, производство хатĕрĕсем туса кăларасси 60 хут, машиностроени продукцийĕ 160 хут ытла ÿснĕ.

Обществăлла системăсенчен хăшĕ малалла кайса пынине кăтартакан чи пысăк паллă экономика аталанăвĕн хăвăртлăхĕ пулать. Ку тĕлĕшпе те социализмла строй лайăхрах тата малта пырать.

Сăмахран, 1929 çулпа 1954 çул хушшинче СССР промышленность продукцийĕ кашни çулталăкра вăтам шутпа мĕн чухлĕ ÿснине илсен, вăл капитализмла тĕнчери промышленность продукцийĕ ÿсĕмĕнчен пилĕк хут ытла хăвăртрах ÿссе пынă. Çав тапхăр хушшинче Совет Союзĕнче промышленность продукцийĕн хисепĕ 18 хут ÿснĕ пулсан, США-ра—2,1 хут, Англире—72 процент, Францире — 14 процент, Италире—77 процент кăна ÿснĕ.

Çак цифрăсем социализмла экономика капитализмла çĕршывсен экономикинчен лайăххаххине ĕненмелле кăтартса параççĕ. Çак лайăх майсемпе усă курса, СССР тĕнчери иккĕмĕш вăрçăччен промышленность производствин пĕтĕм хисепĕ енĕпе Европăри капитализмла чи пысăк çĕршывсенчен иртсе кайса, тĕнчере иккĕмĕш вырăн йышăннă.

Кунта çакна та шута илес пулать: патша влаçĕнчен, капитализмран вăйсăр хуçалăх юлнă, ун чухне пирĕн çĕршыв малта пыракан капитализмла государствăсенчен 50—100 çул кая юлса пынă. Империализмăн тăшманла вăйĕсем пирĕн строительство ĕçне чарса лартма пур майсемпе те тăрăшнă, вĕсем пире хирĕç вăрçă пуçарнă, пирĕнпе экономикăлла сыхăну тытма чарнă. Совет государстви 38 çул тултарчĕ, çак вăхăт хушшинче пире хирĕç пуçарнă вăрçăсенче вăрçма тата вăрçăсем хыççăн халăх хуçалăхне юсас тĕлĕшпе ĕçлеме 18 çул кирлĕ пулчĕ.

ССР Союзĕнче тата социализмла лагерьти мĕнпур çĕршывсенче производство тăтăшах ÿссе пырать, ăна малалла аталантарма промышленность кризисĕсем чарса тăмаççĕ.

Капитализмла экономика аталанăвĕ урăхла пулса пырать. Юлашки 38 çул хушшинче капитализмла системăра тĕнчери экономикăлла кризиссем виçĕ хутчен: 1920—1921 çулсенче, 1929—1933 çулсенче тата 1937—1938 çулсенче пулнă. Вĕсем капитализмла тĕп çĕршывăн — США-н экономикине пуриччен ытларах сиен кÿнĕ. Тĕнчери иккĕмĕш вăрçă хыççăн та США экономики каялла кайни темиçе хутчен те пулнă.

Вăрçă хыççăн çĕршыва милитаризацилени США халăх хуçалăхне пысăк сиен кÿрет. Унта бюджетри укçан виçĕ пайĕнчен икĕ пайĕ çар расхочĕсем валли каять, промышленность производстви хăвачĕн 20—25 процентне хĕçпăшал туса кăларма усă курассĕ—саксем пурте хуçалăхра йĕркесĕрлĕх туса хураççĕ, çар хатĕрĕсем нумай тунине пула хуçалăхăн пĕр пайĕ аталанать, тепĕр пайĕ вăйсăрланать, çавă Америка экономикине хавшатать.

II.

Капитализм тата социализм экономика тĕлĕшĕнчен ăмăртас ыйту буржуалла публицистсемпе экономистсене ытларах та ытларах хумхантарать. Вĕсем малашне мĕн пуласcине курасшăн, хăйсен сăмахĕсене тĕслĕхсемпе çирĕплетмесĕрех капитализмăн малашлăхĕ чаплă пуласси çинчен çыраççĕ, анчах çавăн пек калаçнине çирĕплетме май çук.

Америка экономисчĕсем, сăмахран, США çитес 5—10 çул хушшинче экономика тĕлĕшĕнчен мĕнле аталанса пырасси çинчен каласа, çавна ССР Союзĕн малашлăхĕпе танлаштарса пăхаççĕ. США конгресĕн пĕрлешÿллĕ экономикăлла комиссийĕ нумай пулмасть доклад пичетлесе кăларнă, унăн проектне Америкăри паллă экономистсем 150 çын çырса хатĕрленĕ. Вĕсем çитес 12 çул хушшинче США промышленность продукцийĕ 50 процент ÿсме пултарать тесе шутлаççĕ. Анчах çапла шутлани пурнăçа кĕме пултарайманни уçăнах курăнса тăрать. Юлашки 25 çул хушшинче США промышленноçĕн продукци хисепĕ çулталăкра вăтам шутпа 2,4 процент çеç ÿснĕ. Хальхи вăхăтра капитализмăн пĕтĕмĕшле кризисĕ малалла тарăнланса пырать; колониалле система арканать, империалистсем хушшинче тавар сутмалли рынoксемшĕн тата йÿнĕ чĕртавар илсе тăмалли вырăнсемшĕн хирĕçÿсем çивĕчленсе пыраççĕ, çавăн пек условисенче Америка экономики ÿсĕмне хăвăртлатма пулăшакан условисем çук.

Çав вăхăтрах Америка экономисчĕсем хăйсене çуя шухăшсемпе лăплантараççĕ: СССР промышленноçĕн аталанăвне ĕç вăйĕ çитменни тата капитальнăй ĕçсем валли укçа парасси чакса пыни чăрмантарма пултарать, теççĕ.

Кун пек калакан буржуалла политэкономи фокусникĕсем хăйсен ĕмĕтне чăн пурри тесе шутлаççĕ,—çакна курма йывăр мар ĕнтĕ. Пирĕн çĕршывра ĕç вăйĕн резервĕсем нумай: ĕç вăйĕ йышлă, ĕç тухăçлăхне ÿстермелли майсем пысăк. Социализмла строй ĕç тухăçлăхне хăвăрт ÿстерме кирлĕ условисене пурне те туса парать. Сăмахран, 1955 çулта промышленноçра ĕç тухăçлăхĕ, 1940 çулхипе танлаштарсан,—икĕ хут, 1950 çулхипе танлаштарсан—44 процент ÿснĕ.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви ĕç тухăçлăхне малалла ÿстерсе пыма тивĕçлĕ мерăсем йышăнаççĕ. Çĕнĕ техникăпа малта пыракан технологие анлăн ĕçе кĕртсе пынипе, хальхи машинăсене тата оборудованине çĕнетнипе, производствăна лайăхрах организациленипе ĕç тухăçлăхне ÿстермелле. Социализмла ăмăртăва анлăн сарса, хальхи техникăпа туллин усă курса, пирĕн халăх хуçалăхне çĕнĕ тата чи çĕнĕ техникăпа пуянлатса, Совет Союзĕнчи ĕççыннисем обществăлла ĕçĕн тухăçлăхне тăтăшах ÿстерсе пыраççĕ.

Халăх хуçалăхне ÿстерме укçа-тенкĕ уйăрса парассине илес пулсан, Совет Союзĕнче наци тупăшĕ пĕрмаях ÿссе пынине пурте пĕлеççĕ. 1954 çулта çак тупăш 1950 çулхинчен 1,5 хут ытларах пулнă. Совет Союзĕнче, харампыр классем çук çĕрте, наци тупăшĕнче накоплениcен пайĕ 25—26 процент шутланать. Çакна май социализмла анлă воспроизводство пысăк хăвăртлăхпа пулса пырать. Ку тĕлĕшпе çакна палăртни ытлашши пулас çук: США наци тупăшĕнче накоплениcен пайĕ чи йăвçлă çулсенче—1924—1929 çулсенче—вăтам шутпа 10 процент, 1930—1937 çулсенче вара 1,4 процент çеç пулнă.

Коммунистсен партийĕ СССР ялхуçалăхне хăвăрт вăйлатмалли программа палăртса пачĕ. Буржуалла экономистсенчен хăшпĕрисем çав программăна пурнăçлама май çук, тесе сÿпĕлтетеççĕ. Нью-Йоркра 1953 çулта «Совет экономикин аталанăвĕ» ятлă сборник пичетлесе кăларнă. Ун-

# Колхоз миллионер пулса тăчĕ

Çĕнĕ Кармалари «Новая сила» колхоз ĕçченĕсем кăçал çĕнĕ çула савăнăçлăн кĕтсе илчĕç.

Иртнĕ ялхуçалăх çулне ăнăçлă вĕçлерĕмĕр. Тырпул тухăçлăхне ÿстермелли тата выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илмелли плана ирттерсе тултартăмăр. Колхозниксене кашни ĕçкунĕ пуçне 3-шер килограмм тырă тата 6 тенкĕ укçа валеçсе патăмăр. Сăмахран, Григорий Яковлевич Гусев колхозник çемйи 1955 çулхи ĕçкунĕсемшĕн 360 пăт тырă, 10 пин тенке яхăн укçа тата кантăр çăвĕпе пахча çимĕç чылай илчĕ. Тăватшар-пилĕкшер тонна тырă, пилĕк-ултшар пин тенкĕ укçа илнĕ çемьесем пирĕн колхозра нумай.

Çакăн пек пурнăç патне çитме пире çăмăл пулмарĕ, нумай йывăрлăхсене çĕнтерме тиврĕ.

1953 çулччен «Новая сила» колхоз Первомайски районĕнче чи кая юлнă артельсенчен пĕри пулнă. Çав çулхине мана правлени председателĕ пулма суйланă хыççăн иртернĕ пĕрремĕш канашлу халĕ те асра тăрать-ха. Унччен хи çул колхоз кашни гектар пуçне 5 центнер ытларах çĕç тырă пухса кĕртнĕ. Государство умĕнчи пĕр обязательствăна та пурнăçлайман. Апат çуккипе фермăсенчи выльăх-чĕрлĕх нумай вилнĕ, кашни ĕнерен çулталăкра 400 литртан ытла сĕт суса илеймен.

Ун чухне хуçалăха тĕреклетме мĕнрен тытăнмалли çинчен нумай шутласа пăхрăмăр. Мана, çĕнĕрен суйланă председателе, пирвайхи вăхăтра пуçламăш парторганизаци секретарĕ Родионов юлташ тата коммунистсем нумай пулăшрĕç. Парторганизаци пулăшнипе правлени колхозра çирĕп йĕрке тума тытăнчĕ. Йăла тĕлĕшĕнчен пăсăлса кайнă хăшпĕр работниксене пĕр хĕрхенсе тăмасăрах вырăнтан кăлартăмăр, хуçалăхăн ответлă участокĕсенче ĕçleme çирĕп çынсене суйласа лартрăмăр.

Кашни колхозрах кĕске вăхăт хушшинче пысăк тупăш илмелли майсем пур. Пирĕн колхозра çавăн пек майсенчен пĕри вăл—техникăлла культурăсем. Çĕнĕ Кармалари хресченсем авалтанпах пысăк тухăçлă сÿс-кантăр туса илме вĕреннĕ, анчах юлашки çулсенче ку ĕç япăхнă пулнă. 1953 çултанпа эпир çак хаклă культурăна акса тума, унран çĕршер пин тенкĕ тупăш илме тытăнтăмăр, 1955 çулта вăл пире 600 пин тенкĕ тупăш пачĕ.

Колхозри кахалсене хирĕç татăклăн кĕрешни ĕç дисциплинине пирвайхи çулах нумай тĕреклетме пулăшрĕ. 1954 çулта ялхуçалăх ĕçĕсене йĕркеллĕрех иртертĕмĕр, выльăх апачĕ, унченхи çулсемпе танлаштарсан, темиçе хут нумайрах хатĕрлерĕмĕр. Дояркăсем кашни ĕнерен 1954 çулта 1.100 килограмм, 1955 çулта 2.200 килограмм сĕт суса илчĕç. Ку вăл 1953 çулхинчен пилĕк хут çурă нумайрах пулать.

Пурте кар тăрса пĕр тĕллевпе ĕçлесен, чи кая юлнă колхоза та кĕске вăхăтра тĕреклетме май пуррине халĕ пирĕн колхозниксем лайăх ăнланса çитрĕç ĕнтĕ. Колхозăн укçа-тенкĕ тупăшĕ 1953 çулта 254 пин тенкĕ пулнăччĕ, тепĕр çулталăкран вăл çур миллионран иртрĕ, 1955 çулта пĕр миллион та 50 пин тенке çитрĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ хыççăн эпир артель хуçалăхĕн пур отраслĕсене те вăйлăн аталантарма мерăсем йышăнтăмăр. 1960 çул тĕлне пирĕн мĕнпур тупăш икĕ миллион çурă пулмалла. Ун чухне вара эпир кашни ĕçкунĕ пуçне хальхинчен ик-виçĕ хут нумайрах укçа валеçме пултаратпăр.

Пирĕн ĕмĕт—КПСС Центральнăй Комитечĕн январьти Пленумĕн заданийĕсене срокчен пурнăçа кĕртесси. Ялти коммунистсем Пленум решенийĕсем çинчен кашни колхозника тĕплĕн ăнлантарса пама тăрăшаççĕ, кирек хăш ĕçре те хăйсем лайăх тĕслĕх кăтартаççĕ. Халĕ пирĕн колхозра ĕçкунĕсем тумалли минимума тултарман пĕр колхозник та çук. 1955 çулта кашни вăйпитти çын пуçне вăтам шутпа 400 ĕçкунĕ тунă.

Улшăнчĕ пирĕн колхозăн сăн-сăпачĕ, унпа пĕрле пирĕн çынсем те улшăнчĕç. Виçĕ çул каярах фермăра ĕçleme çын кирлĕ пулсан, ăна ял тăрăх шыраса çÿренĕ. Халĕ пирĕн колхозниксемпе колхозницăсем кирек мĕнле ĕçе те пысăк хаваспа каяççĕ. 70 çулти колхозник А. Зотов юлташ сĕтсу ферминче 12-мĕш çул ĕçлет ĕнтĕ, анчах вăл унтан каясшăн мар. Коммунистбригадирсем Н. Гусевпа Е. Власов, ферма заведующийĕ И. Варламов юлташсем хăйсем колхоз производствин ăста организаторĕсем пулнине палăртрĕç.

Пирĕн 1956 çулхи ĕçсен планĕсем тата пысăкрах. Тĕштырăпа ытти культурăсен тухăçлăхне ÿстерме, выльăх-чĕрлĕхе пăхас ĕçе лайăхлатма, çĕнĕ витесемпе ытти сурт-йĕрсем тума тăрăшатпăр.

**Н. ВЛАСОВ,**
«Новая сила» колхоз председателĕ.

Первомайски районĕ.

# Доярка ĕçĕ—хисеплĕ ĕç

Эпĕ дояркăра 1953 çулта ĕçleme тытăнтăм. Ун чухне ĕнесене зоотехника наукин хушнă пек пăхма тата сума пĕлместĕмччĕ, çавăнпа та кашни ĕнерен çулталăкра вăтам шутпа 360-шар литр çеç сĕт суса илтĕм. Ытти дояркăсен те çитĕнĕвĕсем пысăках марччĕ.

Колхоз правленийĕ фермăри ĕçсене лайăхлатма мерăсем йышăнчĕ. Дояркăсене ĕнесенчен сĕт суса илес енĕпе конкретлă заданисем пачĕ. Кун хыççăн эпир ĕнесене вĕсем мĕн чухлĕ сĕт панине кура тăрантарма тытăнтăмăр, сĕт хушнăçемĕн вĕсене апат та хушса патăмăр. Ĕнесене пăхас ĕçе çирĕп кун йĕрки тăрăх пурнăçларăмăр. Çак ĕçсем пире ĕнесенчен сĕт нумайрах суса илме май пачĕç. Иртнĕ хуçалăх çулĕнче эпĕ хам пăхакан кашни ĕнерен вăтам шутпа 1.983-шер литр е малтанхи çулхинчен пилĕк хут ытларах сĕт суса илтĕм.

КПСС XX-мĕш съезчĕ умĕнхи социализмла ăмăртăва хутшăнса, çĕнĕ хуçалăх çулĕнче эпĕ кашни ĕнерен 2.200-шер литр сĕт суса илме йышăнтăм. Çак обязательствăна пурнăçлама пĕтĕм чунтан тăрăшатăп. Хальхи вăхăтра ĕнесене улăма вĕри шыра çемçетсе, посыпкăпа пăтратса çитеретпĕр. Сĕтеклĕ апатсенчен чĕкĕнтĕр тата кукуруза силосĕ паратпăр. Силос кашни ĕне пуçне талăкра 20—25 килограмм тивет.

Доярка ĕçĕ—хисеплĕ ĕç. Ĕçкунĕсемшĕн тата хушса тÿлемелли йĕрке тăрăх эпир иртнĕ хуçалăх çулĕнче тĕштырă тата укçа чылай илтĕмĕр. Эпĕ пурĕ 859 ĕçкунĕ тунă. Уншăн 1.718 килограмм тĕштырă, 1.300 тенкĕ укçа тата пахча çимĕçсемпе выльăх апачĕ çителĕклĕ илтĕм. Артель правленийĕ мана ĕçшĕн хушса тÿлемелли йĕрке тăрăх икĕ çул хушшинче 1.980 литр сĕт, пĕр пăру тата пĕр путек пачĕ.

**А. СОРОКИНА.**
Тăвай районĕнчи «Новый путь» колхозри доярка.

# Паха аппаратура тăватпăр

Иртнĕ çулта пирĕн Тăван çĕршывра хуçалăхпа культура строительствинче çĕнĕ ÿсĕмсем тунă. Промышленноçпа ялхуçалăхĕ хăватлăн аталанса пыраççĕ. Ĕççыннисен пурнăçĕ те лайăхлансах пырать. Çакă вăл совет халăхне чун-чĕререн савăнтарать. Тăван çĕршыв ырлăхĕшĕн пĕтĕм вăя хурса ĕçлес килет.

Халĕ, çулталăк вĕçленнĕ хыççăн, эпир те производство итогĕсене пăхса тухатпăр. Пирĕн сборочнăй цех коллективĕ иртнĕ çулталăкра продукци туса кăларассине пĕрмай ÿстерсе пычĕ. Çулталăкри производство планне срокчен тултарчĕ, планран иртерсе тăватă миллион тенкĕлĕх ытла продукци туса кăларчĕ.

Ĕç тухăçлăхĕ те тăтăшах ÿссе пырать. Производство операцийĕсене чылай механизациленĕ, детальсемпе узелсем туса кăларас ĕçĕн технологине лайăхлатнă. Иртнĕ çулсенче регуляторсем пухнă çĕрте пĕрисем тухăçлăрах, теприсем—начартарах ĕçлетчĕç. Хăшпĕр участоксенче ĕç вырăнне кирлĕ пек йĕркелемен пулнă. Çакă вăл производствăра чăрмавсем кăларса тăратнă. Цехри новаторсем сĕннипе регуляторсем пухнă çĕрте конвейер вырнаçтарса ĕçе янă. Вăл сехет графикĕ тăрăх ĕçлет. Сменăра ĕçлекен рабочисем задание тултарсан, сăмахран, лампочкăсем çуталса каяççĕ. Çапла вара цех коллективĕ кашни смена мĕнле ĕçленине яланах пĕлсе тăрать.

Пĕлтĕр аппарат деталĕсене çыпăçтаракан шурупсене алă вĕççĕн çирĕплетсе лартнă пулнă. Рабочисем тухăçлă ĕçлеймен. Халĕ пачах урăхла. Шурупсене çирĕплетсе хытарма ятарласа электромеханически ключсем турăмăр. Вĕсемпе усă курни рабочисен ĕçне чылай çăмăллатма, ĕç тухăçлăхне ÿстерме май пачĕ.

Цехра организацилле-техникăлла ĕçсем 50 ытла туса иртернĕ. Çавна май, ĕç тухăçлăхĕ ÿснипе пĕрлех, продукци пахалăхĕ те лайăхланчĕ.

Халĕ сменăри нормăна тултарман рабочисем çук. Юлашки виçĕ уйăхра кашни рабочи нормăна вăтамран 235 процент тултарать. Цех çулталăкĕпех пĕр тикĕс, сехет графикĕ тăрăх ĕçлерĕ. Ик-виçĕ çул каялла производствăра «штурмовщина» пурри куранатчĕ. Халĕ ун пек йĕркесĕрлĕх çук.

Пирĕн çĕршывра наукăпа техника хăвăрт аталанса пыраççĕ. Çакă вăл пире, электроаппаратура тăвакансене, çĕнĕрен те çĕнĕ йышши аппаратсем туса кăларма хушать. Эпир хамăр ĕçе яланах çĕнетсе пыма, тĕрĕс ĕçлекен, паха изделисем туса кăларма тăрăшатпăр.

Пирĕн коллектива Куйбышевпа Мускав хушшинчи пысăк вольтлă электричество линийĕ валли хÿтлĕх панелĕсем туса кăларма заказ пачĕç. Çак хисеплĕ заказа пурнăçланă чухне рабочисем, инженерсемпе техниксем хăйсен пултарулăхне кăтартрĕç. Сăнавлă конструкцисем туса кăларакан цех коллективĕпе пĕрле ĕçлесе, эпир çав заказа чыслă пурнăçларăмăр. Çакă савăнтарать: 1955 çулта Куйбышевпа Мускав хушшинчи электричество линийĕ валли кирлĕ мĕнпур аппаратурăна вăхăтра туса кăлартăмăр.

Цех çыннисен творчествăлла пултарулăхĕ те ÿссех пырать. Иртнĕ çулта 35 çын пысăкрах разрядсем илчĕç, вĕсенчен 18-шĕ тĕрлĕ курссенче вĕренсе хăйсен квалификацине ÿстерчĕç. Çулталăк хушшинче цехри 40 рабочи икĕ çул нормине, 11 рабочи виçĕ çул нормине тултарчĕç. Уйрăмах Белоусова, Капустина, Мурзина, Хлебникова, Монахова, Алексеева юлташсем лайăх тĕслĕх кăтартаççĕ. Вĕсем завод администрацийĕпе профсоюз комитечĕн хисеп грамотисене илме тивĕçлĕ пулнă.

Аслă инженер А. Дударев юлташăн пархатарлă ĕçне палăртмалла. Вăл çамрăк специалист. Анчах производствăна лайăхлатас енĕпе пысăк ĕçсем туса иртерет, рационализаторла сĕнÿсем парать. Рабочисем хăйсен производство командирне юратаççĕ, вăл наракан усăллă канашсене яланах шута илме тăрăшаççĕ.

1956 çул пуçланчĕ. Çĕнĕ çула пысăк ÿсĕмсемпе кĕтсе илесси совет çыннисен йăлине кĕнĕ. Анчах эпир хамăр ÿсĕмсемпе лăпланса ларма пултараймастпăр. Кăçал эпир нихçанхинчен те ăнăçлăрах ĕçleme тĕллев лартрăмăр. 1956 çулта тата пахарах электроаппаратура туса кăларма вĕренсе çитмелле.

Эпир хамăр умма лартнă задачăсене кăçал та, иртнĕ çулсенчи пекех, ăнăçлă пурнăçлăпăр.

**Ю. ОРЖЕБОВСКИЙ.**
Шупашкарти электроаппаратура заводĕнчи цех начальникĕ.

# Район Совечĕн сессийĕ—суту-илĕве лайăхлатасси çинчен

Çĕрпÿ район Совечĕн черетлĕ сессийĕ районти суту-илĕве лайăхлатмалли майсем çинчен сÿтсе явнă.

Сессире тухса калакă депутатсем, суту-илĕве лайăхлатас тĕлĕшпе тунă хăшпĕр ĕçсене палăртса, суту-илÿре пысăк çитменлĕхсем пуррине кăтартса панă. Райпотребсоюз базинче красçын, тавар, супăнь, шăрпăк çителĕклĕ пулин те ларексенче çав таварсене хăшпĕр чухне тупса илме çук. 15—18 километрти ялсенчи колхозниксен краççын илме район центрне çитиех çÿреме тивет. Çакăн çинчен райпотребсоюз правленийĕн председателĕ Сафоновпа райисполкомăн суту-илÿ пайĕн заведующийĕ Иванова юлташсем пĕлеççĕ, çак ĕçри çитменлĕхсене пĕтерес пирки мерăсем йышăнмаççĕ.

Тепикасси, Первомайски, Энĕшкасси Кушкă, Ĕмпĕрт Туçа, Иваново тата Мами ялĕсенчи лавккасенче продавецсем тавар çаврăнăш планне кварталтан кварталах тултараймаççĕ. «Перламутр» артелĕн хăй туса кăларакан продукцие сутма ларек пур, вăл ялан тенĕ пекех хупă тăрать. Суту тумалли вăхăтра хупă тăракан ларексем районта татах та чылай.

Ĕççыннисен пурнăçпа йăла условийĕсем куллĕн лайăхланса пыраççĕ. Вĕсем, хаçат-журнал çырăнса илнисĕр пуçне, тĕрлĕрен кĕнекесем те туянасшăн, анчах суту-илÿ работникĕсем кĕнеке сутас ĕçе хисеплемеççĕ. Районти продавецсенчен кĕнекесем сутмалли плана пĕри те тултарса пымасть.

Обществăлла апатлану предприятийĕсенче те çитменлĕхсем нумай. Чайнăйсенче тасалăх çук, савăт-сапапа сĕтел-пукансем çитмеççĕ, ĕççыннисен вăхăта нумай иртерме тивет. Çĕрпÿ хулинче тепĕр чайнăй уçасси çинчен икĕ-виçĕ çул калаçаççĕ ĕнтĕ, анчах райпотребсоюз правленин председателĕ Сафонов юлташ, материалсем турттарма машина çук тесе, чайнăй çуртне тăвасси пирки ответлăха хăй çине илесшĕн мар.

Райпотребсоюзпа ялпо председателĕсем кадрсемпе çителĕксĕр ĕçлеççĕ. Вĕсем чылай продавецсемпе ĕçе илнĕ чухне тата растрата тунине палăртнă хыççăн е ĕçрен кăларнă чухне кăна тĕл пулса калаçаççĕ. Продавецсемпе производствăлла канашлусем иртермеççĕ, вĕсен ĕçри пĕлÿлĕхне хăпартассишĕн тăрăшмаççĕ.

Район Совечĕ суту-илÿ ĕçне лайăхлатмалли майсене палăртса решени йышăннă.

**В. ИВАНШКОВ.**

## Республикăри чи лайăх доярка



**ГАЛИНА БОРИСОВА —**
Çĕрпÿ районĕнчи «Новая жизнь» колхозри доярка, вăл 1954—1955 хуçалăх çулĕнче хăйне çирĕплетсе панă кашни ĕнерен вăтам шутпа 1.912 килограмм сĕт суса илнĕ.
Ф. Иванов фотоÿкерчĕкĕ.

## 100 гектар пуçне сĕт нумайрах илнĕ ферма заведующийĕсем

| Хушаматсем | Колхозсем | Районсем | 100 гектар пуçне мĕн чухлĕ центнер сĕт суса илнĕ |
|---|---|---|---|
| Е. И. Иванов | Киров ячĕпе тăракан колхоз | Йĕпреç | 217,8 |
| А. Ф. Доманин | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Вăрнар | 184,3 |
| Б. И. Скребков | Буденный ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | 152,5 |
| М. А. Антонов | Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | Çĕрпÿ | 152,0 |
| А. Е. Лесникова | Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | Елчĕк | 149,0 |
| И. В. Григорьев | Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | Йĕпреç | 138,9 |
| Н. Н. Горшков | «Гвардеец» колхоз | Чкаловски | 134,6 |
| Н. И. Тюрин | «Победа» колхоз | Улатăр | 132,0 |
| С. А. Григорьев | «Красный флот» колхоз | Шупашкар | 127,3 |
| Е. В. Щетинина | Маленков ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | 118,1 |
| П. П. Оньков | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Муркаш | 114,0 |
| А. Я. Чечнев | Чапаев ячĕпе тăракан колхоз | Шупашкар | 112,6 |
| Я. Л. Лаврентьев | «Звезда» колхоз | Октябрьски | 105,6 |
| Я. Н. Гулящев | Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | Çĕмĕрле | 104,9 |
| Е. И. Иванов | «Новый путь» колхоз | Тăвай | 101,7 |

## 1954—1955 ялхуçалăх çулĕнче „Республикăри чи лайăх конюх" ятне илнĕ колхозниксем

| Хушаматсем | Колхозсем | Районсем | Миçе кĕсре çирĕплетнĕ | Миçе тиха пăхса çитентернĕ |
|---|---|---|---|---|
| Г. Ф. Федоров | Молотов ячĕпе тăракан колхоз | Тăвай | 13 | 13 |
| А. И. Строганов | Ленин ячĕпе тăракан колхоз | Хĕрлĕ Чутай | 11 | 11 |
| Д. В. Столяров | Суворов ячĕпе тăракан колхоз | Сĕнтĕр | 9 | 9 |
| И. Д. Наумов | «Родина» колхоз | Елчĕк | 8 | 8 |

та ССР Союзĕнче ялхуçалăх производстви нумай ÿсеймĕ, Совет Союзĕнче «ялхуçалăхĕ валли юрăхлă çĕрсем сахал», çавăнпа та акмалли çĕр лаптăкне чылай ÿстермелли майсем пĕтнĕ ĕнтĕ, тесе суйса ырнă.

Ку вăл ĕç мĕнле пулса пынине пĕлмесĕр пуш парапан çапма тытăнни пулать. Пирĕн çĕршывра 1954—1955 çулсенче 30 миллион гектар çерем сухаласа усă курма тытăнни, çакă буржуалла экономистсем ССР Союзĕнче усă курмалли çĕрсем «сахал» тесе калани суя сăмах пулнине кăтартать. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ çĕр ĕçĕпе выльăх-чĕрлĕх ĕрчетессине вăйлатас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем тума йышăнчĕ. Çак ĕçсем чи çĕнĕ техникăпа пысăк тухăçлă ĕç меслечĕсен никĕсĕ çинче ялхуçалăх производствине нумай ÿстерме май параççĕ.

ССР Союзĕнче экономикăна хăвăрт вăйлатса пыма кирлĕ условисем пурте çителĕклĕ. Совет халăхĕ Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе ССР Союзĕн экономикăлла тĕп задачине—экономика енĕпе, урăхла каласан, кашни çын пуçне мĕн чухлĕ продукци туса кăларни енĕпе, чи вăйлă аталаннă капитализмла çĕршывсене çитсе иртсе каяс задачăна—пурнăçлассишĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшса ĕçлет. Çак задачăна пурнăçлассишĕн кĕрешнин пĕлтерĕшĕ питĕ пысăк, вăл капитализмпа экономика тĕлĕшĕнчен ăмăртса ăна çĕнтерес ĕçре питĕ пысăк вырăн йышăнса тăрать.

III.

Экономикăлла ăмăрту социализмăн пĕтĕм лагерĕ тата капитализм лагерĕ хушшинче пулса пырать. Çак ăмăртура социализм лагерĕн çĕнтерÿ тумалли майсем ытларах. Социализм лагерĕ ĕççыннисен политикăлла тĕллевĕсем пĕрешкел пулнипе тата вĕсен интернационалла аслă туслăхĕпе çирĕп. Çав вăхăтрах империализм лагерьне экономикăлла тата политикăлла пысăк хирĕçÿсем вăйсăрлатса тăраççĕ.

Америка монополийĕсем экономика тĕлĕшĕнчен ытти çĕршывсене тапăнни тата вĕсем хушнипе Хĕвеланăç Европăри çĕршывсем васкаса хĕçпăшалланни капитализмла çĕршывсен йывăрлăха кĕрсе ÿкнĕ экономикине тата ытларах начарлатать.

Хĕвеланăç Европăра тума таварсене Америка рынокне илсе пырассине пур майсемпе те пÿлсе, çав вăхăтрах США монополийĕсем хăйсен таварĕсене Хĕвеланăç Европăри çĕршывсене ытларах кÿрсе пыма тăрăшаççĕ. Çавна пула Хĕвеланăç Европăри çĕршывсемпе США хушшинчи суту-илÿре Хĕвеланăç Европăри çĕршывсен дефицичĕ, 1953 çулхипе танлаштарсан, 2,5 хут ÿснĕ.

Капитализмла тĕнчери çĕршывсем хушшинче хирĕçÿсем пур пулсан, социализмла лагерьти çĕршывсем пĕр-пĕринпе çыхăну тытасси пĕртанлăх, килĕштерсе ĕçлес тата пĕр-пĕрне юлташла пулăшас никĕс çинче пулса пырать.

Социализмла государствăсем политика енĕпе те, экономика енĕпе те никама пăхăнмасăр пурнăççĕ. Вĕсем хăйсен ирĕклĕ экономика тĕлĕшĕнчен пĕр-пĕринпе таччăн çыхăнса ĕçлеççĕ, çав вăхăтрах кашни çĕршыв тĕнчери халĕ йĕркеленсе пыракан пĕрлĕхлĕ социализмла хуçалăхăн уйрăмми пайĕ пулса тăрать.

Социализмла государствăсен экономики пĕр çулпа аталанса пырать. Çакна пурнăçлама хуçалăх строительствин планĕсене пĕр-пĕринпе çыхăнтарни, пĕртанлăх тата пĕр-пĕрне усă кÿрес йĕркепе суту-илÿ тăвассине анлăн сарни, наукăпа/техника тĕлĕшĕнчен килĕштерсе ĕçлени, тĕрĕ кăмăлпа пулăшма, пĕр-пĕринчен вĕренме, пĕр-пĕрин экономикипе культурине аталантарма тăрăшни пулăшать.

Пĕрлешÿллĕ Штатсем урăх çĕршывсене «пулăшу» парса, вĕсене экономикăпа политика тĕлĕшĕнчен пусмăрлăха кĕртсе ÿкерме, агрессилле блоксене хутшăнтарма тăрăшаççĕ. Социализмла государствăсем пачах урăхла тăваççĕ, вĕсем пĕр-пĕрин хушшинчи тăванла туслăха çирĕплетме тата анлăн сарма, çапла вара пĕтĕм тĕнчери мире тĕреклетме пулăшаççĕ.

Социализмла лагерьти пур çĕршывсем те хăйсен халăх хуçалăхне ăнăçлăн малалла вăйлатса пыраççĕ. Вĕсен индустрийĕ капитализмла çĕршывсен промышленноçĕ аталаннинчен пысăкрах хăвăртлăхпа аталанса пырать.

Çĕршыва индустриализацилес ĕçре Китай халăхĕ чылай пысăк çитĕнÿсем тунă. Китайăн пĕтĕм халăх хуçалăхĕнче промышленность тÿпи 1949 çулта 17 процент пулнă пулсан, 1954 çулта 33 процента çитнĕ. 1957 çулта вĕçленекен пĕрремĕш пилĕкçуллăхра промышленность продукцийĕн хисепĕ икĕ хут ÿсет. Пилĕкçуллăхра 694 пысăк промышленность предприятийĕ тăваççĕ, вĕсенчен чи пысăк 156 предприятие тума Совет Союзĕ пулăшать. Çав предприятисем Китая социализмла индустриализацилемелли никĕс пулса тăраççĕ.

Европăри халăх демократи çĕршывĕсенче промышленность производстви, вăрçă умĕнхипе танлаштарсан, виçĕ хут ытла ÿснĕ.

Социализмла государствăсем малашне те хăйсен экономикăлла çыхăнăвĕсене тĕреклетсе, пĕр-пĕринчен вĕренсе, хуçалăхпа культура строительствинчи опытпа пĕр-пĕрне паллаштарса пырĕç, çапла вĕсем экономика енĕпе капитализмпа ăмăртса çĕнтерÿ тума пулăшĕç.

IV.

Икĕ система хушшинчи экономикăлла ăмăрту çав системăсем Азири экономика тĕлĕшĕнчен начар аталаннă çĕршывсемпе, çавăн пекех тата Хĕвеланăç Европăри вак государствăсемпе çыхăну тытас ĕçре те пулса пырать.

Хĕвеланăçĕнчи çĕршывсем тата промышленность енĕпе начар аталаннă çĕршывсем хушшинчи хутшăнусем улшăнса пынăшăн буржуалла хаçатсем уйрăмах шикленеççĕ. Америкăри «Тайм» журнал уççăнах çапла çырать: «виçĕ континентри (Азири, Африкăри, Латинла Америкăри начар аталаннă çĕршывсем пирки сăмах пырать.—В. Ч.) иккĕленекен пĕр миллиард çыншăн пыракан кĕрешÿре Хĕвеланăçĕ поражени тÿссен, вара тĕнчере вăйсен шайлашăвĕ коммунизмшăн усăллă улшăнма пултарать».

Америкăри хаçатсенче «кая юлнă çĕршывсене» капитал хывасси çинчен нумай çыраççĕ. Çав çĕршывсене капитал хывни халăх пурнăçне лайăхлатма пулăшать, тесе суеçтерет Америка пропаганди. Чăннипе вăл экономика тĕлĕшĕнчен начар аталаннă çĕршывсен индустрийĕ аталанассине чарса лартма, вĕсем нацилле никама пăхăнманлăхшăн тăрăшнине чарма хăтланни пулать.

Империалистсем начар аталаннă çĕршывсемпе суту-илÿ туса тата вĕсемпе ытти енĕпе çыхăнусем тытса, хăйсене пăхăнтарасшăн, çар блокĕсене хутшăнтарасшăн, вĕсене хăйсен çĕрĕçлĕ-чĕртаварлă хушмачĕсем туса хурасшăн.

ССР Союзĕпе социализмла лагерьти ытти государствăсем экономика енĕпе кая юлнă çĕршывсем çине пачах урăхла пăхаççĕ. Вĕсем çав çĕршывсен никама пăхăнманлăхне чун-чĕререн хисеплеççĕ. Социализмла государствăсем экономика енĕпе ытти çĕршывсене пулăшаççĕ, ку ĕçе тунă чухне нимĕнле политикăлла условисем те лартмаççĕ.

Социализм лагерĕнчи çĕршывсем экономика енĕпе начар аталаннă çĕршывсене промышленность тума тата ăна аталантарма пур майсемпе те пулăшма тăрăшаççĕ. Совет Союзĕпе халăх демократи государствисем начар аталаннă çĕршывсене промышленность оборудованийĕпе машинăсем параççĕ, укçине трук илмеççĕ. Сăмахран, СССР нумай çулсем хушшинче тÿлесе татмалли çăмăл условисемпе Индире çулталăкра 1 миллион тонна хурçă шăратма пултаракан металлурги завочĕ лартать. Совет Союзĕпе Инди пĕрле пĕлтернинчен икĕ çĕршыв пĕр-пĕрне усă кÿмелли условисемпе экономика тĕлĕшĕнчен килĕштерсе ĕçлессине аталантарма, суту-илĕве анлăн сарма тăрăшасси çинчен калать.

Совет Союзĕ хăйĕн хуçалăхпа культура строительствинчи опычĕпе экономика тĕлĕшĕнчен начар аталаннă çĕршывсене паллаштарма тата вĕсене вăй çитнĕ таран туслăн пулăшма яланах хатĕр.

Инди халăхĕ умĕнче Н. С. Хрущев çапла каларĕ: «Эсир заводсем тăвасшăн-и? Эпир куншăн хавас. Сирĕн, тен, опыт çитеймест пулĕ? Пирĕнтен ыйтăр, эпир пулăшăпăр. Эсир электростанцисем тăвасшăн-и? Сирĕн çак ĕçе хăнăхни çитмест пулсан тата сире техникăлла пулăшу кирлĕ пулсан, пирĕнтен ыйтăр, эпир пулăшăпăр. Эсир хăвăрăн студентсене, инженерсене пирĕн çĕршыва вĕренме ярасшăн пулĕ? Хапăл туса йышăнăпăр, вĕсене вĕренме ярăр».

Совет Союзĕ экономика тĕлĕшĕнчен начар аталаннă çĕршывсене пулăшас енĕпе хĕвеланăçĕнчи государствăсене ăмăртăва тухма сĕнет.

Совет Союзĕ пĕр-пĕрне хисеплес, пĕр тан праваллă пулас тата пĕр-пĕрне усă кÿрес йĕрке, пĕр-пĕрин шалти ĕçĕсене хутшăнмалла мар йĕрке тăрăх капитализмла пур çĕршывсемпе те экономикăлла çыхăнусем тытассине аталантарма тăрăшать.

Икĕ системăн — социализмла тата капитализмла системăсен—экономикăлла ăмăртăвĕ вĕсем пĕр-пĕринпе экономика тĕлĕшĕнчен çыхăну тытмалла маррине, наукăпа техника çитĕнĕвĕсемпе пĕр-пĕрне паллаштармалла маррине пĕлтермест, пачах урăхла, вăл çак ĕçсем енĕпе çыхăну тытмаллине пĕлтерет.

Совет Союзĕн тата социализм лагерĕнчи мĕнпур çĕршывсен тулашри мирлĕ политикине, туслă пурăнас тата экономика енĕпе пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлес политикăна, тĕнчери халăхсем хĕрÿллĕн ырлаççĕ. Çак политика социализмла государствăсен тĕнчери позицийĕсене çирĕплетет.

* * *

Совет халăхĕ икĕ обществăлла система хушшинчи экономикăлла ăмăртура социализм системи çĕнтерес пирки иккĕленмест. Анчах çĕнтерÿ хăй тĕллĕнех пулмасть, ăна çĕнсе илес пулать. Çакна манма юрамасть: капитализм тĕнчинче хаяр конкуренци пур, питĕ нумай услам илессишĕн хыпăнаççĕ, çавăнпа хальхи оборудование çĕнетсе лайăхлатаççĕ, техникăна аталантараççĕ. Çавна май производство пĕр тикĕс ÿсмест пулин те, унăн уйрăм отраслĕсем мĕн чухлĕ те пулин ÿсеççĕ.

Экономикăлла ăмăртура капитализма çĕнтерме пирĕн йывăр промышленноçа пур майсемпе те аталантарса пымалла, малта пыракан техника пулмалла, производствăна лайăх организацилемелле, промышленноçра ĕç тухăçлăхĕ ÿсе пымалла, пирĕн халăха апат-çимĕç, промышленноçа чĕртавар çителĕклĕ парса тăракан, чечекленсе пыракан ялхуçалăхĕ пулмалла. Халăх хуçалăхĕн çак задачисене пурнăçлассишĕн совет çыннисем тимлĕ тăрăшаççĕ.

Коммунистсен партийĕ совет ученăйĕсене, инженерĕсене, техникĕсене, рабочисене хамăр çĕршыв техникăна малалла ярас ĕçре малта пымалла тăвассишĕн, пирĕн стройăн лайăх енĕсемпе усă курнипе урăх çĕршывсенчи наукăпа техникăн çитĕнĕвĕсенчен маларах иртсе каймалла тăвассишĕн тăрăшма чĕнет. Пирĕн çĕршывра техника прогресĕшĕн, ĕç тухăçлăхне ÿстерессишĕн кĕрешни коммунизм обществи тăвассишĕн кĕрешни пулать.

Совет халăхĕ тата социализмла мĕнпур государствăсен халăхĕсем, питĕ пысăк ĕçсемпе хаваслланса, пур çĕршывсемпе те, вĕсен социальнăй стройĕ мĕнлине пăхмасăр, мирлĕ те туслă пурăнма чун-чĕререн тăрăшаççĕ. Вĕсем экономикăлла мирлĕ ăмăртура çĕнтерессишĕн, çапла вара пĕтĕм этемлĕхе, халăхсене ырă пурнăç туса парассишĕн тимлĕ тăрăшма хатĕр.

**В. ЧЕПРАКОВ.**



Чехословаки республикинче. Çурçĕр Моравире Моравица юханшывне пĕвелесе пысăк кÿлĕ тунă. Кÿлĕри шыва Острава облаçĕнчи çĕнĕ поселоксене парса тăраççĕ.
УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Кружберск плотини.
Чехословакири телеграф агентстви. (ТАСС фотохроники).

## Наукăпа техника тĕлĕшĕнчен пĕр-пĕрине çыхăнса ĕçлеме Совет Союзĕпе Китай тунă комиссин сессийĕ çинчен пĕлтерни

Наукăпа техника тĕлĕшĕнчен пĕр-пĕрине çыхăнса ĕçлеме Совет Союзĕпе Китай тунă комиссин виççĕмĕш сессийĕ 1955 çулхи декабрь уйăхĕнче Мускавра пулса иртнĕ. Сессире икĕ çĕршывăн наукăпа техника тĕлĕшĕнчи çитĕнĕвĕсемпе тата халăх хуçалăхĕн тĕрлĕ отраслĕнчи опытпа пĕр-пĕрине паллаштарасси çинчен сÿтсе явнă.

Совет Союзĕ хăй халиччен йышăннă обязательствăсене пурнăçласа, Китая çакăн пек документсем парать: тĕслĕ металлургипе çĕр кăмрăк промышленноçĕн предприятийĕсем, чугун çул сооруженийĕсем тумалли проектсем, домна оборудованийĕ, тимĕр рудипе çĕр кăмрăкне тасатса лайăхлатакан оборудовани, насуссемпе компрессорсем, транспортра грузсем çĕклемелли оборудовани, чÿлсене тата ытти япаласене вакласа авăртмалли оборудовани, тĕрлĕ йышши ялхуçалăх машинисем, хими промышленноçĕн оборудованийĕ тунă çĕрте усă курмалли чертежсем, тĕрлĕ сăрăсем тата химин ытти продукчĕсене туса кăларас ĕçĕн технологи процеçĕсем çинчен ăнлантарса паракан документсем.

Китай Халăх Республики Совет Союзне химин тĕрлĕ продукчĕсене тăвас ĕçĕн техникăлла документацине, пир-авăрпа табак промышленноçĕсен оборудованийĕн хăшпĕр пайĕсемпе строительство машинисем тунă çĕрте усă курмалли чертежсем, хăшпĕр вăрлăхсен тĕслĕхĕсене тата хăшпĕр препаратсем парать.

Пĕр-пĕрне техникăлла документацисем панипе пĕрлех Китай специалисчĕсене ССР Союзĕнче металлурги, çĕр кăмрăк, нефть тата пир-авăр промышленноçĕсенче, строительство, архитектура тата ытти отраслĕсем енĕпе пухăннă опытпа тата çитĕнÿсемпе паллаштарасси çинчен калаçса татăлнă. Китай организацийĕсем совет специалисчĕсене тĕрлĕ ялхуçалăх культурисен агротехники енĕпе тунă çитĕнÿсемпе, Китай ученăйĕсем медицина, физиологи, биохими, астрономи енĕпе тăвакан ĕçсемпе паллаштараççĕ.

Сесси ĕçленĕ вăхăтра Китай делегацине Мускаври, Ленинградри тата Совет Союзĕн ытти хулисенчи чылай предприятисемпе тата наукăпа тĕпчев учрежденийĕсемпе, вĕсен ĕçĕсемпе паллаштарнă.

## Румынипе Китай хушшинчи экономикăлла çыхăнусем

БУХАРЕСТ, январĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Китай Халăх Республикипе Румыни Халăх Республикин делегацийĕсем хушшинче пулса иртнĕ калаçусем хыççăн январĕн 3-мĕшĕнче Бухарестра 1956 çулта пĕр-пĕрне таварсем тăратасси çинчен килĕшÿ тунă.

Китай Халăх Республики Румынине тăхлан, асбест, джут, çĕр мамăк çипĕ, çăм, тир-сăран, тимĕр руди, апат-çимĕç таварĕсемпе ытти таварсем тăратать. Румыни Халăх Республики Китай Халăх Республикине тарăн шăтăксем пăраламалли установкăсем, тракторсем, цистернăсем, нефть продукчĕсем тăратать.

Килĕшÿре тавар çаврăнăшне, 1955 çулхипе танлаштарсан, чылай ÿстерме палăртнă.

## *Китай ялхуçалăхне кооперацилес ĕçри çитĕнÿсем*

ПЕКИН, январĕн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Иртнĕ çул Китайра ялхуçалăхне кооперацилесси анлă сарăлнă. 1955 çул, тесе çырать «Женьминьжибао» хаçат, çĕршывăн ялхуçалăхне социализмла урăхлатса çĕнетес ĕçри татăклă çĕнтерÿсен çулталăкĕ пулчĕ. Çак çулталăк хушшинче ялхуçалăхĕнчи производствăлла кооперативсен хисепĕ 4 хута яхăн, кооперативсенче тăракан хресчен хуçалăхĕсен шучĕ 5 хут ытла ÿснĕ.

Хальхи вăхăтра Китайра, тесе çырать малалла хаçат, ялхуçалăхĕнчи производствăлла кооперативсем ялхуçалăх производствин организацилле тĕп форми пулса тăраççĕ.

1955 çул вĕçленнĕ тĕле Китайра ялхуçалăхĕнчи производствăлла кооперативсем 1.900 пин ытла пулнă. Вĕсем 70 миллион ытла хресчен хуçалăхне пĕрлештерсе тăраççĕ. 1954 çул вĕçĕнче кооперативсем 490 пин ытларах шутланнă, 12.700 пин хресчен хуçалăхне пĕрлештерсе тăнă.

Хэбэй, Шаньси, Ляонин, Хэйлунцзян, Гирин, Жэхэ, Аньхуэй, Хэнань, Хунань, Хубэй, Цзинхай, Ганьсу провинцийĕсенче, çавăн пекех Пекин, Шанхай, Тяньцзинь, Ухань, Сиань хулисем çывăхĕнче ялхуçалăхне, тĕпрен илсен, кооперацилесе çитернĕ.

Хальхи вăхăтра, тесе кăтартса парать малалла хаçат, Китайри мĕнпур хресчен хуçалăхĕсен 60 процентĕ производствăлла кооперативсенче тăрать. Çĕршывăн нумай районĕсенче ялхуçалăхне кооперацилес ĕç, тĕпрен илсен, кăçалхи çураки пуçланнă тĕле вĕçленет. Çак вăхăт тĕлне ялхуçалăх кооперативĕсен сухалакан çĕр лаптăкĕ çĕршыври сухалакан мĕнпур çĕр лаптăкĕн 70 процентĕ ытла пулать. Ялхуçалăхне кооперацилесе çитернĕ е часах кооперацилесе çитерекен провинцисенче вак кооперативсене пĕрлештерсе пысăклатаççĕ. Хальхи вăхăтра Китайра çавăн пек ялхуçалăх кооперативĕсем 29 пин ытла шутланаççĕ. Вĕсем пĕтĕмпех социализмла хуçалăхсем пулса тăраççĕ.

### НИНАМА ПАХĂНМАН ГОСУДАРСТВĂСЕН ШАЛТИ ĔÇĔСЕНЕ ХУТШĂННИНЕ ХИРĔÇ

СОФИЯ, январĕн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Болгари Халăх Республикин Министрĕсен Совечĕн председателĕ Вылко Червенков Çĕнĕ çул ячĕпе сăмах тухса каланă. Вăл çав сăмахра США-н аслă вырăнти официальнăй çыннисенчен чылайăшĕн «раштав ячĕпе» халăх демократи çĕршывĕсенчи халăхсене чĕнсе калакан çырăвĕсене питленĕ. Çав çырусене яни, тенĕ вăл, ытти государствăсен шалти ĕçĕсене тÿрремĕнех хутшăнни пулать. Пирĕн халăх ĕлĕкхи пурнăç патне каялла таврăнас çук, тенĕ В. Червенков, вăл социализм çулĕпе çирĕппĕн те шанчăклăн малалла пырать.

### Иорданири лару-тăру

КАИР, январĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Хаçатсем çапла пĕлтереççĕ: Иорданин конституционнăй сучĕ: парламента салатса ярасси çинчен Маджали правительстви йышăннă решени конституципе килĕшмест, тесе йышăннă.

Конституционнăй суд палăртса панă тăрăх, хальхи правительство—Хашим правительстви çĕнĕ парламент суйлавĕ иртерес мар, тесе йышăннă. Çапла вара, 1955 çулхи декабрĕн 20-мĕшĕнче кăларнă декрет тăрăх салатса янă тесе шутланă халиччехи парламент хăйĕн ĕçĕсене малалла туса пырать.

. Çакна май хаçатсем Иорданин Хашим ертсе пыракан хальхи правительства вырăнтан тухасси çинчен пĕлтереççĕ, мĕншĕн тесен вăл вăхăтлăх правительство шутланнă, çĕнĕ парламент суйлавĕ иртересси унăн пĕртен-пĕр задачи пулнă.

### ЕГИПЕТПА ЧЕХОСЛОВАКИ ФАРФОР ЗАВОЧĔ ЛАРТАССИ ÇИНЧЕН ТУНА КИЛĔШÿ

КАИР, январĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Каирта фарфор туса кăларакан предприяти тăвас ĕçе Чехословаки хутшăнасси çинчен Египетпа Чехословаки республики килĕшÿ тунă. Çак çĕнĕ предприяти Египет валли фарфор япаласем кирлĕ чухлĕ туса кăларма, çавăн пекех Египетра туса кăларакан фарфор япаласене Çывăх Хĕвелтухăçĕпе Вăтаçĕр Хĕвелтухăçĕнчи çĕршывсене сутма май парать.

## Францири Коммунистсен партийĕн заявленийĕ

ПАРИЖ, январĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). «Юманите» хаçат Францири Коммунистсен партийĕн заявленине пичетлесе кăларнă. Заявленире çапла каланă: парламент суйлавĕн результачĕсем çинчен шалти ĕçсен министерстви пĕлтернине юриех тĕрĕс мар, Коммунистсен партийĕн çитĕнĕвне пĕчĕклетсе кăтартас шутпа çырса хатĕрленĕ. Коммунистсен партийĕ çапла пĕлтерет: унăн кандидачĕсем метрополире 5.514.945 сасă, Мартиника утравĕ çинче 46.744 сасă тата Реюньон утравĕ çинче 36.741 сасă пухнă. Метрополире тата Франции тинĕс леш енчи çак икĕ утравĕ çинче Коммунистсен партийĕ пурĕ 5.598.430 сасă, урăхла каласан, 1951 çулхинчен 600 пин сасă нумайрах илнĕ.

## Францири ĕççыннисем халăх фрончĕн правительстви туса хума требовани лартаççĕ

ПАРИЖ, январĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Францири прогрессивнăй хаçатсемпе журналсем çакна палăртаççĕ: Коммунистсен партийĕ Наци пухăвĕн суйлавĕнче чаплă çитĕнÿ турĕ, çак суйлав вăхăтĕнче Франции демократилле вăйĕсем пĕтĕçсе çирĕпленни çĕнĕрен палăрчĕ. Çакă вăл ĕççыннисен йышлă массисем çĕнĕрен халăх фрончĕ туса хума ытларах та ытларах тăрăшнинчен килнĕ. Çак фронт мирпе социальнăй прогресс политики, ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатмалли, демократилле прĕклĕхсене хисеплемелли политика тытса пыма май памалла. Суйлав хыççăн коммунистсене, социалистсене, радикалсене тата парламентăн сулахайри ытти ушкăнĕсен представителĕсене хутшăнтарса халăх фрончĕн правительствине туса хурассишĕн пыракан юхăм пĕтĕм çĕршывĕпех сарăлнă.

«Юманите» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Бельфорти «Альстом» заводри ĕççыннисем—коммунистсем, социалистсем тата радикалсем пĕрле канашласа резолюци йышăннă. Çав резолюцире вĕсем халăх интересĕсене хÿтĕлес шутпа çĕнĕрен халăх фрончĕ туса хума требовани лартаççĕ.

Парижри электростанцире ĕçлекенсем радикалсен партийĕн, социалистсен партийĕн тата коммунистсен партийĕн ертсе пыракан органĕсене çыру янă. Çак çырура электростанци работникĕсем çĕнĕ Наци пухăвĕнче халăх фрончĕн правительстви валли тĕрек пулса тăракан ытларахăшĕ туса хума май пуррине палăртаççĕ, виçĕ партие Франци халăхĕн çак кăмăлне пурнăçлама чĕнеççĕ.

Францири республикăшăн тăракан çамрăксен союзĕн наци бюровĕ, çавăн пекех Сен-Клури самолетсем тăвакан «Дассо» заводри рабочисем тата ытти нумай предприятисенчи ĕççыннисем те çавнашкал резолюцисем йышăннă.

«Юманите» хаçат çакна палăртать: çĕнĕ Наци пухăвĕнче сулахайрисен ытларахăшне туса хума май пур, анчах вăл коммунист-депутатсем хутшăннипе çеç пулма пултарать. «Халĕ пулса тăнă условисенче,—тесе çырать «Юманите» хаçат,—икĕ тĕрлĕ çул-йĕр пур: е социалистсем тата радикалсем коммунистсемпе союз тăвĕç, çапла вара халăх фрончĕ пулса тăрĕ; е «республиканецсен фрончĕ» текенскерĕн партийĕсем реакцилле политикăлла партисемпе тата ушкăнсемпе союз тăвĕç, вĕсен политикине вара суйлавçăсен йышлă массисем сивлерĕç. Иккĕмĕш союз,—тесе çырать хаçат,—коммунистсен партийĕшĕн сасăланă миллионшар суйлавçăсен ирĕкне хирĕç кăна мар, социалистсемпе радикалсемшĕн сасăланă миллионшар суйлавçăсен кăмăлне те хирĕç пынă пулĕччĕ».

## *Парижри хаçатсем Франции Наци пухăвне суйлани результачĕсем çинчен*

ПАРИЖ, январĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Парижри хаçатсен тĕрлĕ обозревателĕсем пурте пĕр евĕрлĕ вывод тăваççĕ: суйлавра сулахайри партисем, пуринчен малтан Францири Коммунистсен партийĕ, çĕнтернĕ, вĕсем, 1951 çулти суйлаврипе танлаштарсан, çĕнĕрен 600 пин сасă ытла нумайрах пухнă. Суйлавра сасăлани Франции юлашки çулсенчи путланса ларнă политикине суйлавçăсен йышлă массисем ырламаннине уççăн кăтартса панă.

Сылтăмри хаçатсем мĕн çырнине илсе пăхсан, власра тăракан ушкăнсем нимĕн тума та аптранă курăнать. Вĕсем умĕнче суйлавçăсен уççăн палăрнă кăмăлĕ тăрать. Франции политика тĕлĕшĕнчи çулйĕрне улăштарас пулать. Сылтăмри хаçатсен обозревателĕсем халиччехи политикăнах малалла пурнăçласа пыракан правительство туса хума май пуррипе сукки çинчен нумай çыраççĕ. Хăшпĕр хаçатсем çапла та шутлаççĕ: Наци пухăвĕнче правительство блокĕнчи партисен ытларахăшĕ çук ĕнтĕ, çавăнпа та Наци пухăвне васкавлăнах салатса ямалла, тесе çыраççĕ. Çапла тăвиччен малтан буржуалла партисемшĕн шанчăклăрах суйлав системи, сăмахран, мажоритарнăй система, йышăнма кирли çинчен калаççĕ.

«Фигаро» хаçат радикалсемпе социалистсем кĕрекен «республиканецсен фрончĕн» руководителĕсене, çавăн пекех правительство коалицийĕнчи партисен лидерĕсене правительство туса хурас шутпа пĕрпĕринпе «çураçма» чĕнет. Çавăн пекех «Орор» хаçат та сылтăмри партисемпе ушкăнсене хăйсем хушшинчи хирĕçÿсем çинчен манма чĕнет.

«Комба» хаçат «республиканецсен фрончĕн» тата хальхи правительство коалицийĕнчи партисен представителĕсенчен тăракан ытларахăшне туса хума май пурри çинчен иккĕленсе çырать. Хаçат шучĕпе, çĕнĕ Наци пухăвĕн ĕçĕнче коммунист-депутатсен влиянийĕ пысăк пулма пултарать.

«Либерасьон» хаçат çапла кăтартса парать: суйлав вăхатĕнче Франци халăхĕ сулахай политика тытса пыракан правительство туса хурассишĕн татăклăн тăнине кăтартса пачĕ. Хаçат шучĕпе, çĕнĕ Наци пухăвĕнче халăхăн çак требованине пурнăçлама кирлĕ условисем туса хунă, мĕншĕн тесен Францири Коммунистсен партийĕ, социалистсен партийĕ тата республикăшăн тăракан ытти партисемпе ушкăнсем, пĕрле илсен, пуринчен те нумайрах вырăн йышăнса тăраççĕ. «Январĕн 2-мĕшĕ хыççăн,—тесе çырать «Либерасьон» хаçат, — Халăх фрончĕн правительстви кăна çĕршывăн чи хаклă ĕмĕчĕсене пурнăçлама пултарать».

«Юманите» хаçат çапла çырать: çĕнĕ Наци пухăвĕнче Францири Коммунистсен партийĕ социалистсен партийĕпе тата сулахайри ытти ушкăнсемпе килĕштерсе ĕçлеме, çавăн пек союз никĕсĕ çинче вара халăх массисен требованийĕсене пурнăçлассишĕн пĕрле тăрăшма хатĕр.

## Америкăри хаçатсем Францие юнаса хăратма пăхаççĕ

НЬЮ-ЙОРК, январĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Францири суйлавçăсен кăмăлне нимĕн вырăнне те хумасăр, Америкăри хаçатсем Францири суйлав результачĕсем çак çĕршывăн авторитетне чакарнă пек кăтартма хăтланаççĕ. Чылай хаçатсем малашне Францие аслă держава тесе шутлама пăрахĕç тесе юнаса хăратма пăхаççĕ.

«Нью-Йорк геральд трибюн» хаçат обозревателĕ Толберт çапла çырать: «Францири суйлав результачĕсем, Франции Çурçĕр Африкăри владенийĕсенче нумаях пулмасть пулса иртнĕ событисемпе пĕрле илсен, Çурçĕр Атлантика союзĕн Европăри оборона структурине тĕпренех кисретеççĕ». Толберт çапла шутлать: çак суйлав результачĕсем «Хĕвеланăçĕнчи державăсен Европа тĕлĕшĕнчи стратегине çĕнĕрен пăхса тухмалла тăвĕç»...

Франции сĕмсĕррĕн хĕсмелли плансем пирки каласа, Толберт Франци государствине «ответлă мерăсемпе», «уйрăмах Бонн правительствин хĕçпăшаллă вăйĕсене тĕреклетнипе» хăратмалла, тесе çырать.

Юлашкинчен Толберт çапла çырать: Пентагон (США çар ведомстви) Форпа Мендес-Франс «вăйлă правительство» туса хурасçине шанса тăрать, тет.

«Нью-Йорк таймс» хаçат корреспонденчĕ Каллендер, паллă ушкăнсен шухăшне асра тытса, Франции аслă держава ролĕçĕр тăратса хăварĕç, тесе çырать. Парижран илнĕ хыпарта вăл, кÿршĕри çĕршывсен официальнăй представителĕсен сăмахĕсене асра тытса, çапла çырать: «Франции шалти политикăлла ыйтăвĕсене татса памасăр хăварсан», вăл «хăйне яланах хĕвеланăçĕнчи виçĕ аслă державăсенчен пĕри тесе шутлĕç тесе шанса тăма пултараймасть», тет.

### АНГЛИ ÇАРĔСЕН ОМАНА ХИРĔÇЛЕ ВĂРÇĂ ĔÇĔСЕМ

КАИР, январĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Египетри хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Англи çарĕсем Оман султанатĕнче пурăнакансене хирĕç хĕçпăшаллă вăйпа кĕрешеççĕ. «Аль-Ахрам» хаçатра каланă тăрăх, Оман имамĕн Араб çĕршывĕсен лигинчи представителĕ Ибрагим Атфиш шейх çакăн çинчен сведенисем илнĕ: Оман столицине тытса илнĕ хыççăн Англи çарĕсем вырăнти халăха хирĕç виçĕ кун хушши çапăçнă. Вилнисемпе аманнисем нумай. Акăлчансем, тесе çырать хаçат, Бурайми оазисĕнчи Хамаса çине сывлăшран бомбăсем пăрахнă.

Атфиш шейх çапла каланă: вырăнти халăх Англи оккупанчĕсене хирĕç вăйлăн кĕрешет. Оман имамĕн тăванĕ Галиб бен Али амир ертсе пыракан çарсем ар-Рустаг поселокне ирĕке кăларассишĕн кĕрешеççĕ. Çак поселока Англи çарĕсем 10 кун хушши ĕнтĕ хупăрласа тăраççĕ.

Хаçатсем çапла пĕлтереççĕ: имам представителĕ Англи çарĕсен çавнашкал ĕçĕсем çинчен Араб çĕршывĕсен лигин генеральнăй секретарьне пĕлтернĕ, «Оман халăхне агрессорсенчен хÿтĕлес-ĕçре пулăшма» ыйтнă.

## *Шупашкарти шкулсенче вĕренекенсен спартакиади*

Январĕн 3—4-мĕшĕсенче Шупашкарти шкулсенче вĕренекенсен хĕллехи спартакиади пулса иртрĕ. Спартакиадăна хутшăннисем йĕлтĕрпе коньки спорчĕсем, гимнастика, акробатика тата конькипе фигурăсем туса ярăнас енĕпе ăмăртрĕç.

Ăмăртăва хутшăннă 13 шкулти спорт коллективĕсем хушшинче 2-мĕш вăтам шкулти çамрăк физкультурниксемпе физкультурницăсем уйрăмах ÿсĕм тунине палăртмалла. Спартакиада программине кĕртнĕ чылай тĕрлĕ спорт енĕпе илсен, çак шкул коллективĕ пĕрремĕш вырăнсене йышăнчĕ. Çак шкулта вĕренекен Широков, 10 километра 40 минутра, Михайлова—5 километра 27 минут та 10 секундра йĕлтĕрпе чупса тухса, пĕрремĕш вырăнсене йышăнчĕç.

Иккĕмĕш вăтам шкулта вĕренекенсем, командăсем енĕпе илсен, йĕлтĕр спорчĕпе тата гимнастикăпа пĕрремĕш вырăна, акробатикăпа — виççĕмĕш вырăна тухрĕç, йĕлтĕрпе слалом меслечĕпе ярăнас тĕлĕшпе паха тĕслĕх кăтартрĕç.

Спартакиадăна çавăн пекех 11-мĕш, 3-мĕш тата 1-мĕш шкулсен коллективĕсем лайăх хатĕрленнĕ.

Гимнастика енĕпе, уйрăм физкультурниксемпе физкультурницăсене илсен, 11-мĕш шкулта вĕренекен Звонаревăна палăртмалла. Виççĕмĕш разряд программи тăрăх ăмăртăва хутшăнса, вăл пĕрремĕш вырăн йышăнчĕ. 1-мĕш шкулта вĕренекен Данилова та çавăн пекех, иккĕмĕш разряд программи тăрăх ăмăртса, мала тухрĕ. Арçынсенчен гимнастикăпа 2-мĕш шкулта вĕренекен Трофимов пĕрремĕш вырăн йышăнчĕ.

Шкулсенче вĕренекенсен хĕллехи спартакиадине хулари чылай шкулсенче вĕренекенсен командисем хутшăнчĕç.

Çитес кунсенче конькипе ярăнакансен ăмăртăвĕ пулмалла. Çакăн хыççăн вара спартакиадăра хăш шкул команди çĕнтерни паллă пулать.

Хулари спартакиадăра мала тухнă физкультурниксемпе физкультурницăсене, республикăри шкулсенче вĕренекенсен хĕллехи спартакиадине хутшăнма, Шупашкар хулин сборнăй командине кĕртеççĕ. Республикăри спартакиада январĕн 7—8-мĕшĕсенче Шупашкарта пулать.

К. НИКИШЕВ.



УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ (сулахайран сылтăмалла): Шупашкарти 2-мĕш вăтам шкултан спартакиадăна хутшăннă Н. Дербеневăпа Ф. Михайлова.
И. Никифоров фотоÿкерчĕкĕ.

### ТОКТОРОВ — «БУРЕВЕСТНИК» СПОРТ ОБЩЕСТВИН ЧЕМПИОНĔ

Нумаях та пулмасть Шупашкарта «Буревестник» спорт обществин Чăваш Совечĕ енĕпе шахмат вăййипе мала тухмалли ăмăрту пулчĕ. Ăмăртăва Шупашкарпа Канаш хулисенчен, Хĕрлĕ Чутайпа Вăрнар районĕсенчен 11 çын хутшăнчĕ.

«Буревестник» спорт обществин республикăри чемпионĕн ятне, тăхăр партире 8,5 очко пухса, иккĕмĕш разрядри шахматист Токторов (Шупашкар хулинчен) илчĕ. Алексеевпа Мысин (иккĕшĕ те Шупашкартан), 7,5-шер очко пухса, иккĕмĕшпе виççĕмĕш, Григорьевпа Никитин (вĕсем те Шупашкартанах), 6,5-шер очко пухса, тăваттăмĕшпе пиллĕкмĕш вырăнсене пайларĕç.

Халиччен виççĕмĕш разрядри шахматист шутланнă Алексеевпа Никитин иккĕмĕш разряд илмелли нормăна тултарчĕç.

Турнирта мала тухнă Токторов «Буревестник» спорт обществин Центральнăй Совечĕ енĕпе мала тухмалли турнира хутшăнма тивĕçлĕ пулчĕ.

## РАДИОПА ПАРАКАН ПЕРЕДАЧĂСЕМ

### Вырăнти вăхăтпа

**ЯНВАРЕН 7-МЕШЕНЧЕ**

8.20—«Коммунизм ялавĕ» тата «Советская Чувашия» хаçатсен обзорĕ. 8.50—Музыка тата пĕлтерÿсем. 18.30—Çĕнĕ хыпарсем чăвашла. 18.50—«Раштав» праçникĕ пуçланса кайни тата унăн реакцилле пĕлтерĕшĕ» ятлă калаçу. 19.05—Тĕнчери лару-тăру çинчен статья. 19.25—Чăвашсен лирикăлла тата шÿтле юррисем. 19.45—Çĕнĕ хыпарсем вырăсла.

**ЯНВАРЕН 8-МЕШЕ.**

8.20—«Коммунизм ялавĕ», «Советская Чувашия» тата «Çамрăк коммунист» хаçатсен обзорĕ. 8.55—Пĕлтерÿсем. 17.00—«Юр—пукане шкулĕ» радиоспектакль. Чăваш академи театрĕн артисчĕсем выляççĕ.

**ЯНВАРЕН 9-МЕШЕНЧЕ**

8.20—«Пирĕн земляксем çеремлĕ çĕрсенчен янă çырусем» ятлă передача. 8.35—Концерт. Программăра çамрăксен юррисем. 8.55—Пĕлтерÿсем. 18.30—Çĕнĕ хыпарсем чăвашла. 18.50—Литература передачи. Иван Пиняевăн çĕнĕ сăввисем. 19.05—Ялхуçалăхĕнче ĕçлекенсем валли хатĕрленĕ передача. 19.25—Ялхуçалăхĕнче ĕçлекенсем ыйтнипе хатĕрленĕ концерт. 19.45—Çĕнĕ хыпарсем вырăсла.

Редактор М. Н. ЯКИМОВ.



### ТЕАТР

ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ январĕн 7-мĕшĕнче кăнтăрла «Любовь Ани Березко», каçхине «Несчастный случай», январĕн 8-мĕшĕнче кăнтăрла та каçхине те «Несчастный случай». Спектакльсем 12 тата 19 сехет те 30 минутра пуçланаççĕ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, обзорсен пайĕ—6-64, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—3-04, литературăпа искусство пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00012 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 10, Тираж 37.000 экз.